Пĕтĕм тĕнчери пролетарисем, пĕрлешĕр!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

КПСС Чăваш обкомĕпе Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн тата Министрсен Совечĕн органĕ

Орган Чувашского обкома КПСС, Верховного Совета и Совета Министров Чувашской АССР

№ 23 (20156) • Шăматкун, 1990 çулхи январĕн 27-мĕшĕ • Хаçат 1918 çулхи февральтенпе тухать • Хакĕ 3 пус

# СОВЕТЛĂ РОССИЯ ХАЛĂХĔСЕНЕ

## КПСС Центральнăй Комитечĕн Россия бюровĕ, РСФСР Верховнăй Совечĕн Президиумĕпе Министрсен Совечĕ

## ЧĔНСЕ КАЛАНИ

Юлташсем! Камшăн Россия шăпи, пирĕн нумай нацилле социализмлă Таван çĕршыв шăпи хакла, çавсене пурне те чĕнсе калатпăр.

Мартăн тăваттămĕшĕнче сирĕн РСФСРта, республика Совечĕсенче тата вырăнти Советсенче хăварăн шухăш-кăмăлăра палăртакансемшĕн сасăлама тивет. Çак тивĕçе ответлăха туйса пурнăçлама, халăх депутачĕ пулмашкăн чăнласах çынсен ырлăхĕшĕн ĕçлеме, Российăна малалла çĕнетсе лайăхлатма пултаракан çынсене суйлама чĕнсе калатпăр.

Россия Федерацийĕнче çивĕч ыйтусем нумай. Вĕсем сирĕн суйлавçăсен наказĕсенче те каланă. Суйлавçăсен наказĕсем автономиллĕ республикăсенче, крайсемпе облаçсенче, наци округĕсенче, нумай хулапа районта коллективлă палăртса хатĕрленĕ суйлав умĕнхи платформăсенче тĕп вырăн йышăнаççĕ. Суйлав умĕнхи платформăсем кашни çĕрте тĕрлерен пулин те вĕсен пĕрпеклĕх нумай. Çак пĕрпеклĕх КПСС Центральнăй Комитечĕ совет халăхне суйлав умĕн Чĕнсе каланинче палăртнă положенисемпе килĕшсе тăрать тата тĕп тĕллеве — социализма аталантарас, совет халăхĕсен пĕр тан правалă союзне сыхласа хăварас тата çĕнĕ содержанипе пуянлатас тĕллеве — палăртать. Россия çыннисем, мĕнле наци представителĕсем пулнине пăхмасăр, пĕрлĕхле совет çемйинче çĕç пуласси çинчен шухăшлаççĕ — çакă вăл Российăри суйлавçăсен тĕп наказĕ пул-

рăнтан тепĕр вырăна куçса кайнине пула тухса тăнă йывăрлăхсене, унăн çутçанталăк ресурсĕсене усăсăр салатса пĕтернĕ фактсене пурте пĕлеççĕ. Ытти тĕрĕсмарлăхсем, сталинщина, тен, пуринчен те ытларах Российăна сиен кӳнĕ пулĕ.

Хура тăпраллă мар зона пек чăн-чăн вырăс тăрахĕн проблемисем чуна пăшăрхантармасăр тăма пултараççĕ-и-ха? Кузбасра, Уралта, Атăл çинче, Байкал тăрахĕнче, çурçĕрти регионсенче экологи тĕлĕшĕнчи лару-тăру йывăрланса çитнĕ. Çурçĕрти, Çĕпĕрпе Инçет Хĕвелтухăçĕнчи пĕчĕк халăхсен шăпи те пăшăрхантарать. Российăри хăшпĕр крайсем, облаçсемпе автономиллĕ пĕрлешӳсем социаллă пурнăçра çĕршывăн ытти регионĕсенчен чылай юлса пыни те куçкĕретех. Вырăс тата ытти халăхсен историйĕпе, наци хăйнеевĕрлĕхĕпе тачă çыхăнса тăракан паха палăксене сыхласа хăварас тата вĕсене çĕнетес ыйту çивĕч тăрать.

Çак çивĕч ыйтусене татса парасси çĕнетӳре тĕп вырăн йышăнать. Çĕршывра социаллă тĕрĕслĕх çеç мар, нацисем хушшинчи тĕрĕслĕх те ытларах та ытларах çирĕпленсе пырать. Халăхсене хăйсен ырă ятне таврăнса параççĕ. Паян мĕн пулса иртнине палтах тĕрĕслĕхе хăйне тӳре кăларни вырăнне хурса хаклама пулать. Çак пулăм мĕнпур халăхсене, мĕнпур совет республикисене, çав шутра Российăна вырса тивет. Тĕрĕслĕх вара мĕн авалтанпах Россия çынни нравст-

йышши хăйне евĕрлĕ тата Съездри дискусси вăхăтĕнче çĕнĕ шухăшпа пуянланнă пысăк мерăсем Съездра пирĕн экономикăна, çав шутра Россия экономикине çĕне, ку чухнехи çул-йĕрпе аталантарма май паракан законсене хăвартрах йышăнма кирли çинчен пĕршухăшлăн каланă самахсемпе килĕшсе тăраççĕ. Палăртса хатĕрленĕ мерăсем — пулса тăнă йывăрлăхран тухмалли экономика концепцийĕ. Çак ĕçре 1990 çул тĕп тапхăр пулса тăрать. Чăрмавсем каларса тăратасран сыхланасси, çулталăк планĕсене пурнăçласси — кашни ĕç коллективĕн патриотла тивĕçĕ!

Хăйтӳлевлĕхпе самоуправлени çине куçас шухăша ырласа, РСФСР хăйĕн экономика хăвачĕпе, чертавар ресурсĕсемпе чăн-чăн хуçа пек, тулли правалла тата хăйне кирлĕ пек усă курассишĕн, наукăпа çыхăннă отрасльсене аталантарассишĕн, республикăсем хушшинче таварсене пĕр пек шайра улăштарассишĕн, кашни республика союз бюджетне уйăрса паракан укçа-тенкĕ шайĕ пĕрпеклĕхешĕн, халăхсен пурнăç шайне мĕнле ĕçленипе тачă çыхăнтарса тăрассишĕн активлă кĕрешет.

Эпир — Советлă Российăн çĕнетне сăн-сăпачĕшĕн, унăн пысăк тата пĕчĕк хулисене, ялĕсемпе поселокĕсене çĕнетсе лайăхлатассишĕн, пурăнмалли çурт-йĕр тăвассине хăвартлатассишĕн, çурт-йĕр пахалăхне лайăхлатассишĕн, хăтлă больницăсем, шкулсем, сывлăха çирĕплетекен учрежденисемпе культурăпа çутĕç учрежденийĕсене ытларах ту-

çĕç çĕнетӳре çирĕп çĕнтерӳ тума, ăна яланлăхах çирĕплетсе хăварма май парать. Çакăн пек ĕç çынсемпе халăхсене тĕрлĕ кĕтессене салатса ямасть, вĕсене пĕр çĕре чăмăртать.

Наци пĕрлешĕвĕ тĕлĕшĕнчен Россия Федерацийĕ каткăс пулнă май, кунта питĕ пысăк территори çинче çĕр тĕрлĕ ытла халăх пурăнать. Россия Федерацийĕ вĕсен прависене пĕтĕмпех хисеплессишĕн тата анлалатса пырассишĕн, нацисен хăйнеевĕрлĕхне, пĕрне-пĕри ăнланассине тата туслăха аталантарассишĕн тăрать. Вăл — автономиллĕ пĕрлешӳсен чăн-чăн хăйтĕлленлĕхĕшĕн, вĕсен майĕсене ӳстерессишĕн. КПССăн «Партин хальхи условисенчи наци политикин» платформине йышăнса, Россия халăхĕсем, çак питĕ сисĕмлĕ сферăра пулса иртекен процессенчен юлас мар тесе, ăна активлăн пурнăçа кĕртсе пымалла тесе шутлаççĕ.

Кирек мĕнле халăх хушшинче те, Совет Союзĕн кирек хăш кĕтесĕнче те кашни семье, кашни гражданин хăйне хăтлă туйтăр тесе, пирĕн обществăра мĕнпур условисем туса хумалла. Хамăр халăхсен интересĕсем пирки шухăшласа тата çаванпăн ĕçлесе, пирĕн пурин те çĕршывра пĕр-пĕрине килештерсе пурăннине, граждансла мире чыслăн упрамалла.

Государствăн тулашри политикăри ĕçе-хĕле шалти ыйтусене татса парассипе тӳрремĕнех çыхăннă. Ĕмĕртен пыракан ыйту, Совет Союзĕнчи, Российăри кашни çурт çийĕн çакăнса тăнă ыйтăва

пурлăхпа ăс-хакăл пуянлăхне тăвакан мĕнпур çынсене чĕнсе калатпăр. Пирĕн ĕçе пиреншĕн никам та килсе туса памĕ. Айтăр-ха çакна асра тытар, вăхăт хушнă пек ĕçлер.

Пирĕн сăмах — социализм пуçламăшĕнче тăнă, ăна алла хĕçпăшал тытса хӳтĕленĕ, халăх хуçалăхне çĕкленĕ, çĕрем уçнă, çĕнĕ районсене алла илнĕ çынсем валли. Сирĕн тĕслĕх çĕршыври революцилле çĕнетĕве малалла туса пыма пулăштăр.

Российăри çамрăксем! Паян республикăна çĕклессинчен, ăвăн кĕтесе çĕнĕрен вăй парса аталантарассинчен пысăкрах патриотла задача çук.

Эпир ăс-хакăлпа ĕçлекен çынсене чĕнсе калатпăр: эсир нравственносăн пысăк идеалĕсемпе гуманизмне çирĕплетес, ирçĕрлĕхпе киревсĕрлĕхе отпор парас тĕлĕшпе нумай ĕç тума пултаратăр. КПСС Центральнăй Комитечĕн Россия бюровĕ, РСФСР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ тата РСФСР Министрсен Совечĕ Российăн нумай нацилле культури пур енлĕн аталанса пытăр тесе пурне те [illegible]авес, халăх творчествине пулăшу парĕç.

Ача амăшĕсемшĕн тата ачисемшĕн тăрăшасси малти вырăнта тăрать. Хĕрарăмсемпе амăшĕсем, çемье ăшшине шанчăклăн упракансем ĕмĕртен хăйсен ачисемпе çывăх çыннисем çинчен тăрăшшине тата хумханнине пирĕн пĕрлехи çуртри лару-тăру çине кусарасса шанатпăр. Çак пĕрлехи çуртра вара паянхисенчен ытларах тăнăç пурнăç, килĕшӳ тата тĕрĕслĕх

# ÇĔНЕТĔВЕ МАЛАЛЛА ТАРĂНЛАТСА

### КПСС область комитечĕн 1989 çулхи октябрь—декабрь уйăхĕсенчи ĕçĕсем çинчен пĕлтерни

КПСС обкомĕ партин XXVII съезчĕн тата Пĕтĕм Союзри XIX партконференцин кăтартăвĕсемпе килĕшӳллĕн республикăра экономикăра, политикăра тата общество пурнăçĕнче ытти енĕпе çĕнетӳ процесĕсене аталантарас тĕлĕшпе малалла ĕçлене.

КПСС область комитечĕн IV пленумĕ чи пысăк событи пулса тăнă. Унта нацисем хушшинчи хутшăнусене лайăхлатас, халăха интернационалла воспитани парас ыйтусене, область парторганизацийĕн çĕнетĕве тарăнлатмалли программине тата ытти ыйтусене сӳтсе явнă. Пленумăн пĕрлехи ларăвĕсене ноябрĕн 16-мĕшĕнче тата декабрĕн 7-мĕшĕнче ирттерне. Ларусем хушшинчи тапхăрта КПСС обкомĕн бюровĕн «КПСС Центральнăй Комитечĕн 1989 çулхи сентябрьти Пленумĕн решенийĕсене, КПССăн «Партин ку чухнехи условисенчи наци политики çинчен» платформинче пĕлтернĕ идейăсене пурнăçа кĕртес тĕлĕшпе область парторганизацийĕ умĕнче тăракан задачăсем» çинчен калакан докладне тата обком пленумĕн ытти материалĕсене КПСС хула комитечĕсемпе райкомĕсен пленумĕсенче, парти активĕн пухăвĕсенче, партин мĕнпур пуçламăш организацийĕсенче сӳтсе явнă. Вĕсенче критикăлĕ асăрхаттарнисене тата сĕнӳсене, çавăн пекех ĕçсыннисен çырăвĕсенчи асăрхаттарусемпе сĕнӳсене пĕтĕмлетĕве

1989 çулхи сентябрьти Пленумĕн решенийĕсемпе тата КПССăн «Партин ку чухнехи условисенчи наци политики çинчен» платформипе килĕшӳллĕн нацисем хушшинчи хутшăнусене лайăхлатас, ĕçсыннисене интернационалла воспитани парассине вăйлатас тĕлĕшпе тумалли ĕçсен тĕп çул-йĕрĕсене тата мероприятийĕсене» çирĕплетне. КПСС обкомĕн пленумĕ область парторганизацийĕ ку чухнехи условисенче çĕнетĕве тарăнлатса пырас тĕллевпе тумалли ĕçсен программине çирĕплетне. КПСС обкомĕн пленумĕ хыççăн решенисене пурнăçа кĕртмелли мерăсем йышăнна. Чăваш республикинчи музыка культурин деятелĕсем Аталпа Урал тăрахĕнчи автономиллĕ ултă республикăри композиторсен музыка фестивальне активлă хутшăнна. Чăваш АССРĕнче тата çĕршывăн ытти регионĕсенче пурăнакан чăвашсен делегацийĕсен учредительнăй съездĕнче Чăвашсен общество-культура центрне туса хунă. Мускавра, Шупашкарта тата Канаш районĕнче Çеçпĕл Мишшин çуралнăранпа 90 çул çитнĕ ятпа мероприятисем ирттернĕ.

КПСС обкомĕ тата партин пуçламăш организацийĕсем РСФСР, Чăваш АССР тата вырăнти Советсен халăх депутачĕсен суйлавне хатĕрленес ыйтусем çине питĕ тимлĕ пăхнă. Ку ыйтусемпе семинарсем тата актив канашлăвĕсем ирттернĕ. Суй-

бригадăсенче, фермăсенче теплпулусем ирттерсе, агитаципе пропаганда ĕçĕн ытти формисемпе, массăллă информаци хатĕрĕсемпе усă курса, халăхăн мĕнпур сийĕсемпе ушкăнĕсене идея тĕлĕшĕнчен витĕм кӳме пысăк вăй хунă. Суйлавçăсем халăх депутачĕсене суйлама мораль тĕлĕшĕнчен таса, конструктивлă, творчествăлла ĕçлеме пултаракан, влаçăн çĕнĕ органĕсен авторитетне çĕклеме, вĕсен ĕçĕн эффективлăхне ӳстерме, республикăра çĕнетĕве хăвăртлатма тата тарăнлатма пултаракан коммунистсенчен тата партире тăманнисенчен халăх депутатне суйламалли кандидатсен корпусне туса хума тĕллев лартнă. Суйлав умĕнхи кампани анлă демократи никĕсĕ çинче, профсоюзсемпе, комсомол организацийĕсемпе тата обществăлла ытти организацисемпе, çавăн пекех хăй тĕллĕн ĕçлекен формированисемпе тачă çыхăну тытнă никĕс çинче ӳссĕн пурнăçа кĕрсе пынă.

Кампани мĕнле пынине суйлавçăсен комиссийĕсем çирĕп контрольлесе тăнă. Вĕсем çак кампание активлă хутшăнна. Ĕç коллективĕсенчен нумайăшĕ, обществăлла организацисем, суйлавçăсем суйлав кампанийĕпе, уйрăмах кандидатсем тăратассипе тимлĕ интересленнĕ. 10194 округран халăх депутатне суйлама кашникче вăтамран 1,8 кандидат тăратнă. РСФСР тата Чăваш АССР халăх депутачĕсене суйламалли округсенче çак

Çĕнетӳ республикăра та, пĕтĕм çĕршывра та çывăх вăхăтрах лайăх результатсем кăрах лайăх результатсем кăлартма пултартăр тесе, ăна хăвăртлатма çине тăни те çавăн пекех халăхсен пĕртен пĕр тĕллевне палăртать.

КПСС Центральнăй Комитечĕн Россия бюровĕ, РСФСР Верховнăй Совечĕн Президиумĕпе Министрсен Совечĕ çак платформăпа наказсенчи конструктивлă положенисене пурне те ырласа йышăнаççĕ. Вĕсене пурнăçа кĕртни — Российăн экономикăпа ăсхалне çĕклемелли никĕс пулса тăрать, унсăрăн пирĕн пĕтĕм çĕршыв та малалла кайма пултараймасть.

Республикăри тăрăн улшăнусем пирĕн куç умĕнче пулса иртеççĕ — суйлав çакна тепĕр хут çирĕплетсе парать. Пысăк пирĕн Россия, анчах ун умĕнче тăракан требованисем те пысăк. Истори тĕлĕшĕнчен вăл Тăван çĕршыв — Социализмлă Совет Республикисен Союзĕн — шăпишĕн калама çук пысăк ответлă пулса тăрать. Патриотизм, Россия туйăмĕ наци тĕлĕшĕнчен мăнаслăнассипе килĕшсе тăма пултараймасть. Çав вăхăтрах Россия çыннисем социализмлă государство туса хурас, юлса пынине сĕнтерес, Тăван çĕршыва хӳтĕлес, çĕнетӳве аталантарса пырас ĕçре мĕнлерех вăй хунине тивĕçлипе хакламанни те йăнăш пулнă пулĕччĕ.

Унăн халăхĕсене шанманни, пĕр-пĕр уйрăм çăмăллăхсемпе усă курнăшăн айăпласа хăтланни тивĕççĕр ĕç. РСФСРта татса памалли ыйтусем нумай. Халăх пĕр вышăравĕсенчен пĕри пулнă.

Граждансен шухăш-тĕллевĕсем, вĕсен ăнлануллăхĕ ӳсесе пыни Российăна государство суверенитетне палăртакан мĕнпур правасем парас ыйтăва кун йĕркине кăларса тăратаççĕ. Государство институчĕсене, çав шутра вĕсенчен асăрахххине — Верховнăй Совета — çĕнетсе лайăхлатаççĕ. Республика парламентне икĕ палатăран йĕркелени Российăри халăхсен наци интересĕсене пĕр пек шута илме май парать. Республикăн обществăлла организацийĕсене туса хураççĕ. Российăн ăс-хакăл хăвачĕ — мĕнпур республикăсен культура, ăс-хакăл пуянлăхĕпе пур енлĕн, тăрăннăн çыхăнса тăракан тата вĕсемпе пуянланса пыракан, çавăн пекех вĕсене пуянлатакан хăвачĕ — ӳссе пырать. Россия наукăсен академине туса хуни республика интересĕсемпе килĕшсе тăрать. Республикăн çĕнĕ хаçачĕсемпе журналĕсем пичетленсе тухма пуçлаççĕ. Россия телевиденине тата радио туса хураççĕ, информаци агентстви пирки те сăмах пырать.

Экономикăра социаллă задачăсене татса парасси çине анларах пăхма пуçлани палăрать. Анчах пĕтĕмĕшле илес пулсан, халăх хуçалăхĕ халлĕхе кирлĕ пек хăвăртлăхпа аталанаймасть-ха. Республикăна йывăрлăхран мĕнле илсе тухмалла-ха? СССР Халăх депутачĕсен иккĕмĕш съезчĕн решенийĕсем çак йывăрлăхран тухмалли сулйĕрсене уçса параççĕ. Экономикăна çирĕплетес тĕлĕшпе правительство çĕнне çĕнĕ са лартассишĕн, Российăн тата тупишĕн, унăн çута юханшывĕсемпе чĕре вăрманĕсемшĕн.

Харпăр хăй тĕллĕн ĕçлессине тата кооперацие ĕçне аталантарассишĕн тăрса, эпир выранти Советсене вăртăн экономикăна, спекуляцие хирĕç, çынсен йывăрлăхĕсемпе усă курса пуянкансене тата лару-тарăва йывăрлатакан нравственность тĕлĕшĕнчи пахалăхсене таптаса пыракан пулăмсене хирĕç кĕрешĕве вăйлатма чĕнсе калатпăр

Эпир — хуçалăх расчечĕшĕн. Вăл пĕр тан правалла çыхăнусене аталантарма, ресурссемпе тирпейлĕрех усă курма тата вĕсене пуянлатма пулăшма тивĕçлĕ. Анчах вăл вырăн интересĕсене те шута илмелли фактор, пĕрперишĕн усăллă интеграци процесĕсене аталантармалли çул-йĕр çинчи чăрмав пулса тăма тивĕçлĕ мар. Наци хăйпе-хăй çеç пурăннипе, ыттисенчен уйрăлса кайнинче чăн-чăн ирĕклĕх çук тата пулма та пултараймасть! Россия Федерацийĕ малашне те çĕршыври ытти халăхсенчен нихçан та ютшăнса пурăнмĕ.

Пур çĕрте те — ĕçлекенсен е пенсионерсен, ачасен е çамрăксен, хĕрарăмсен е арçынсен, çемьесен е пĕччен пуранакан çынсен, нумай йышлă е сахал йышлă халăхсен пурнăçенче тĕрĕслĕх туса хумасăр нацисем çĕнĕрен вăй илсе çĕкленесси çинчен шухăшламалли те çук. Кунта мапăça хăварнисем е кӳрентернисем пулма пултараймаççĕ. Йĕркелĕхпе законлăха пур енлĕн çирĕплетсе пыни кирлĕ. Пуласлăхшăн пĕрле ĕçлени вăрçа пулмĕ-и? — текен ыйтăва-каялла чакарса лартнă. Мир ĕçĕ çирĕпленсе пырать. Анчах акăш-макăш савăнаçа кĕрсе ӳкессинчен эпир аякра тăратпăр-ха. Çакна шухăшласа, тĕрĕс палăртатпăр. Çар мире кирлĕ. Россия çыннисем те ăна пĕр сăмахсăрах хисеплессишĕн, ăна кирлĕ мĕнпур хатĕрпе тивĕçтерессишĕн, çар службин пĕлтерĕшне ӳстерессишĕн тăраççĕ. Çакăнпа пĕрлех мире политика меслечĕсемпе, çарпа çыхăнман хатĕрсемпе тытса тăмалла.

Тăван çĕршывăн хаклă çыннисем, Совет Союзĕн граждăнĕсем! Сире пурне те обществăри конструктивлă диалога çирĕплетсе тата аталантарса пыма чĕнсе калатпăр. Пĕр-перне хирĕç тăнинчен ăслă-тăнлă компромисс, пур енне те тивĕçтерекен решенисем йышăнасси патне куçар. Икĕ енлĕ калаçусем кирлине ăнланса илни вăл — юлашки вăхăтра общество ăнланса илнĕ пулăмсенчен пĕри. Çакă вăл забастовкăсене, нацисем хушшинчи хирĕçӳсене, обществăри тĕрлĕрен юхăмсем, арусем тата социаллă ушкăнсем пĕр-перинпе çыхăну тытассин ыйтăвĕсене тĕрĕс татса парассине çырса тивет.

Эпир хамăрăн вăй-хала пĕр тĕле чăмăртасан çеç çĕнетӳ ăнăçлă пулма пултарать. Пирĕн çĕршыва нумай арусен тарĕпе тата юнĕпе çĕкленĕ. Кашнин патриотла тивĕçĕ вара — унăн наци пуянлăхĕсене упраса хăварасси тата ӳстересси. Эпир заводсемпе фабрикăсенче, колхозсемпе совхозсенче ĕçлекенсене, стви семьесен ыйтăвĕсене тĕп вырăна хуре. Вĕсене татса пани, хĕрарăмсен ,ĕçне çăмăллатни обществăн социаллă пурнăçпа нравственность сывлăхне çирĕплетме пулăшĕ.

Çак хумханулла самантра Азербайджанпа Армени халăхĕсене чĕнсе калатпăр. Нацисем хушшинчи хирĕçӳсем никек патне илсе пыни синчен чĕререн хурланса пĕлнĕ май, эпир Российăри халăхсен ячĕпе сире çапла чĕнсе калатпăр — хăвăран ачăрсемшĕн, ача амăшĕсемшĕн, аппусемпе арăмусемшĕн пĕрпĕрин çине алă хурассине чарса лартăр! Ырă кăмăл çĕнтерессе шанса тăратпăр.

Российăри коммунистсем! Сирĕн çинче уйрăмах пысăк ответлăх .Хăвăрăн обществăри тата ĕçри активлăхпа, çĕнетӳ процесĕсене хĕрӳллĕн хутшăннипе партии — обществăна пĕрлештерсе тăракан тĕп вăйăн авторитетне тата пĕрлĕхне çирĕплетсе пырăр. КПСС вăл халăх партийĕ пулнине тата халăхшăн тăнине ĕçпе çирĕплетсе парăр!

Суйлавçăсен гражданла тивĕçне чĕнсе каласа, эпир çакăнпа пĕрлех вĕсен нравственность тĕлĕшĕнчи кăмăл-туйăмне чĕнсе калатпăр. Сирĕн пурнăçра Российăна юратни, ăна шанни, ĕçе чăннипех юратса пурнăçлани тата ырă кăмăллă пулни, Совет çĕршывĕнчи мĕнпур халăхсемпе тăванла пулни яланах палăрса тăтăр. Çĕнелсе пыракан Российăн пурлăх, ăс-хакăл, нравственность пуянлăхне тăвас тек(н)исем тата çавăн пек тума пултаракансем çакна пурнăçлаччăр!

**КПСС ЦЕНТРАЛЬНАЙ КОМИТЕЧĔН РОССИЯ БЮРОВĔ**

**РСФСР ВЕРХОВНАЙ СОВЕЧĔН ПРЕЗИДИУМĔ**

**РСФСР МИНИСТРСЕН СОВЕЧĔ**



Елчĕк районĕнчи «Прогресс» колхозра пултаруллă механизаторсем сахал мар. Вĕсем хушшинче — Анатолий Шашков, Виталий Петров, Николай Чернов. Виççĕшĕ те гусеницăллă тракторсемпе ĕçлеççĕ. Хĕл кунĕсенче фермăсем çывăхне улăм турттараççĕ, çулйĕре тасатса тăраççĕ.

А. Шашковпа Н. Чернов иртнĕ çул çĕрулми çитĕнтерекен звенора ĕçленĕ. 30 гектар çинчен 165-шер центнер тухăç илнĕ.

● А. Шашков, В. Петров, Н. Чернов механизаторсем.

Н. Григорьев фотоӳкерчĕкĕ.

лесе каларнă, вĕсене КПСС обкомĕн пĕрлехи ларăвĕсене хутшăнакансем патне ситерве. Çав асăрхаттарусемпе сĕнӳсене шута илсе, пленум анлă постановлени йышăннă. «КПСС Чăваш обкомĕ нацисем хушшинчи хутшăнусене лайăхлатас. КПСС Центральнăй Комитечĕн законсене халăха тĕплĕн ăнлантарса пама, вĕсене тишкерме тата тĕрĕс пурнăçа кĕртме, ĕççыннисен обществăлла-политикăлла тата социаллă активлăхне ӳстерме пĕрлехлĕ политкунсемпе, дискусси клубĕсемпе тата суйлавçăсен клубĕсемпе усă курса, çынсемпе цехсенче, Кандидатсен 72,4 проценчĕ — ĕç коллективĕсем, 6,3 проценчĕ — обществăлла организацисем, 21,3 проценчĕ суйлавçăсем пурăнакан вырăнсенче ирттернĕ пухусем тăратнă. Кандидатсен 77,8 проценчĕ иртнĕ вăхăт-

(Вĕçĕ 2-мĕш страницăра).

*Суйлав умĕн*

# Тĕплĕн паллашрĕç

Шупашкар хулинчи ĕç коллективĕсемпе общество организацийĕсем 889-мĕш Мускав территори суйлав округе тăрах РСФСР халăх депутатне суйлама ултă кандидат тăратнă. Çак кандидатсем — Чăваш АССР сывлăха сыхлас ĕç министрĕ Н. Г. Григорьев, Чăваш АССР Министрсен Совечĕ çумĕнчи чĕлхе, литература, историпе экономика наука тĕпчев институчĕн аслă наука сотрудникĕ П. С Краснов, В. Н. Чапаев ячĕпе хисепленекен производство пĕрлешĕвĕнчи 34-мĕш цехри инженер-электронщик Г. В. Ладин, Чăваш государство университечĕн кафедра заведующийĕ В. Н. Николаев, Шупашкарти приборсем тăвакан заводăн Раменскри приборсем тăвакан конструктор бюровĕн представителĕ В. Е. Патеев тата хулари 34-мĕш вăтам шкул директорĕ Е. М. Шебалов Шупашкарти «Салют» Культура керменĕнче суйлавçăсемпе пĕррĕмĕш хут тĕл пулчĕç, хăйсен суйлав умĕнхи платформисемпе тĕплĕн паллаштарчĕç.

Мĕн хумхантарать-ха кандидатсене? Республикăри сывлăха сыхлас ĕç министрĕ Н. Г. Григорьев хăйĕн сăмахĕнче ытларах медицина учрежденийĕсен пурлăх никĕсĕ паянхи пурнăç ыйтăвĕсене тивĕçтерменни çинче чарăнса тăчĕ «Халĕ пирĕн республикăри участок больницисенчен çирĕммĕшĕ çĕрĕшнĕ йывăç çуртсенче вырнаçнă, — палăртрĕ кандидат. — Больницăсемпе поликлиникăсене çĕнетес ĕçе промышленность предприятийĕсем кирлĕ пек хутшăнмаççĕ. Медицина работникĕсен ĕç укçи пĕчĕк. Аталаннă çĕршывсемпе танлаштарсан, пирĕн çĕршывра пĕр çынна сыватма 10—15 хут сахалрах укçа-тенкĕ уйăраççĕ. Халăх сывлăхĕ экономикăпа тачă çыхăннă. Малашне те сывлăха сыхласси çине хальхи пекех пăхас пулсан, çĕршыв умне пысăк йывăрлăхсем тухса тăма пултараççĕ».

Экологи ыйтăвĕ çивĕчленсе çитни, апат-çимĕçри нитратсем, сывлăха сыхлас ĕç кирлĕ шайра пулманни пурçăмăра та пăшăрхантарать. Ытларах çак ыйтусем тавра пычĕ калаçу. Хими наукисен докторĕ В. Н. Николаев Вăрнарта поликарбонат заводне тăвас пулсан, халăх умне мĕнле йывăрлăхсем тухса тăрасси пирки тĕплĕн ăнлантарса пачĕ. «Пĕр миллиграмм фосген этеме самантрах вĕлерет. Пулас заводра вырнаçтарма пăхнă кивĕ оборудовани хăвалă наркăмăшпа тавралăха вараласран сыхлама пултараймасть. Çĕнĕ предприятин сиенĕпе уссине халăха тĕплĕн каласа ăнлантармасăр ку ыйтăва татса пама юрамасть. Хама илес пулсан, эпĕ çав завода лартассине хирĕç», — терĕ вăл.

П. С Краснов социаллă пурнăçри тĕрĕсмарлăхсем, хăшпĕр çынсем тивĕççĕр çăмăллăхсемпе усă курни, ыйтусене вăрттăн татса пани халăха тарăхтарни пирки каларĕ.

— Влаçа Советсен аллине парасси пирки нумай каласçĕ, анчах ĕçĕ сăмахпа çыхăнмасть. Бюджета çӳлте йĕркеленипе халăх влаçĕн органĕсен кĕсйи пушă, — хăйен шухăшне пĕлтерчĕ В. Е. Патеев. — Советсен бюджетне йĕркелеме аялтан пуçламалла. Управлени аппаратне чакарса çирĕплетмесĕр, мĕнпур ыйтăва халăхпа сӳтсе явмасăр, ăслă-тăнлă шухăшлама пĕлекен çынсене пĕр чăмăра пĕрлештермесĕр экономикăри йывăр лару-тăруран тухма çук.

Вăтам шкул директорне Е. М. Шебалова ачасемпе çамрăксене пĕлӳ парас ыйту хытă шухăшлаттарни палăрчĕ. Унăн шучĕпе, ачасене ĕçе хăнăхтармасăр, шкулсемпе предприятисен хушшинчи çыхăнăва çирĕплетмесĕр тивĕçлĕ ăру çитĕнтерме май килмест. Вăл шкулсен пурлăх никĕсĕ чухăнни çинче чарăнса тăчĕ.

Тĕлпулăва пынă кандидатсем власть органĕсене — Россия Федерацийĕнчен пуçласа вырăнти Советсем таранах — обществăна йывăр лару-тăруран илсе тухма пултаракан пуçарулă та пултаруллă, мораль тĕлĕшĕнчен таса çынсене суйламаллине уйрăмах палăртса каларĕç. суйлавçăсен нумай ыйтăвĕ çине ответлерĕç.

И. КЛЕМЕНТЬЕВ.

## Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн Указĕ

**М. Ф. КИСЕЛЕВ ЮЛТАША ЧĂВАШ АССР ШАЛТИ ĔÇСЕН МИНИСТРĔ ПУЛМА УЙĂРСА ЛАРТАССИ ÇИНЧЕН**

Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ çапла йышăнать:

Михаил Федорович Киселев юлташа Чăваш АССР шалти ĕçсен министрĕ пулма уйăрса лартас.

**Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн Председателĕ А. ЛЕОНТЬЕВ.**

**Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн Секретарĕ И. СТЕКОЛЬЩИКОВА.**

Шупашкар хули, 1990 çулхи январĕн 25-мĕшĕ.

• • •

Михаил Федорович Киселев 1945 çулта çуралнă, чăваш, 1968 çултанпа КПСС членĕ, аслă юридически пĕлӳ илнĕ. Хусанти В. И. Ульянов-Ленин ячĕпе хисепленекен государство университетĕнчен, СССР Шалти ĕçсен министерствин академийĕнчен вĕренсе тухнă.

1963 çулта вăл Карагандари сантехника оборудованийĕн заводĕнче слесарь пулса ĕçлеме тытăннă. Шалти ĕçсен министерствин органĕсенче 1972 çултанпа ĕçлет. Участок инспекторĕ, БХСС инспекторĕ, БХСС пай начальникĕ, Çĕмĕрле хула тата район Советĕсен ĕçтăвкомĕсен шалти ĕçсен пайĕн начальникĕн заместителĕ тата пĕрремĕш заместителĕ пулнă. 1986 çултан пуçласа 1987 çулччен — Чăваш АССР шалти ĕçсен министерствин уголовнăй розыск пайĕн начальникĕн заместителĕ. 1987 çултан пуçласа 1989 çулччен — Чăваш АССР шалти ĕçсен министрĕн заместителĕ. 1989 çулхи сентябрьтенпе — Чăваш АССР шалти ĕçсен министрĕн пĕрремĕш заместителĕ.

## Атăл тăрăхĕнче

### Кaçхи ача сачĕ

Ярославльти мотор заводĕн 2-мĕш общежитийĕнче каçхине ĕçлекен ача сачĕ валли воспитательсен конкурсне ирттереççĕ. Конкурса хутшăнакансем чи малтанах педагог тата ачасемпе ĕçлесе опыт пухнă çын пулма тивĕçлĕ. Общежити администрацийĕ каçхи ача сачĕ валли пӳлĕм уйăрса парать. Ачасем унта выляма, ӳкерме, тĕрлĕ кĕлеткесем тума тата хăшпĕр вĕренӳ предмечĕсемпе паллашма пултараççĕ. Общежитире пурăнакансем хушшинче ача ситĕнтерекен пĕччен хĕрарăмсем сахал мар. Каçхи ача сачĕусен вĕсемшĕн пысăк пулăшу. Çавăн пекех каçхи ача садне çывăхри çуртсенчи ачасене те йышăнма планлаççĕ. Уншăн тӳлемелли хак та пысăк мар.

«СЕВЕРНЫЙ РАБОЧИЙ».

### Çĕр ĕçченĕсем вĕренеççĕ

Облаçри агропромышленность комплексне тытса пыракан шкулта колхозсемпе совхозсен руководителĕсен вĕренĕвĕ пусланнă. Пирвайхи тапхăрта, вăл январĕн пĕрремĕш вунăкунлăхĕнче иртнĕ, çĕр ытла руководитель облаçри ученăйĕсемпе специалистсен лекцийĕсене итленĕ, ялхуçалăхĕнче арендăпа тата аренда хутшăнăвĕсемпе усă курас ыйтусене тишкернĕ, çĕр синчен тата харпăрлăх синчен калакан законсен проекчĕсене сӳтсе явнă.

Лысково районĕнчи «Нива», Бор районĕнчи «Лидовский» совхозсене тухса практикăлла занятисем ирттернĕ. Ялхуçалăх продукцине туса илессине ӳстерес тата продукци пахалăхне лайăхлатас ыйтусемпе пĕрлех руководительсем çак тĕллеве пурнăçлама чăрмантаракан ыйтусене те çирĕп лартнă.

«ГОРЬКОВСКАЯ ПРАВДА».

### Ял валли сурт

Сызраньти «Куйбышевагропромпроект» филиал специалисчĕсем облаçри чылай районти ялсене çĕнетсе лайăхлатас тĕллевпе ку чухнехи суртсен проекчĕсене туса хатĕрленĕ. 1990 çултан пуçласа çак проектсем тăрăх Шигоны районĕнчи Малячкино ялĕнче 200 вырăнлă клуб, Луговский поселокĕнче шкул, Пионерский поселокра 140 вырăнлă ача сачĕ тата автосуя [illegible]

# ÇĔНЕТĔВЕ МАЛАЛЛА ТАРĂНЛАТСА

(Вĕçĕ. Пуçламăшĕ 1-мĕш страницăра).

ра депутата суйланман. Кандидатсен 41,9 проценчĕ — коммунистсем. Вĕсен йышĕнче халăхăн социаллă-демографиллĕ мĕнпур тĕп ушкăнĕсен представителĕсем пур. Анчах хĕрарăмсен, рабочисен, колхозниксен, ВЛКСМ членĕсен йышĕ пĕчĕк. Кандидатсем хушшинче парти работникĕсем — 2,8 процент, совет работникĕсем — 3,5 процент.

КПСС обкомĕ социаллă пурнăçпа экономикăн халăха уйрăмах хытă шухăшлаттаракан ыйтăвĕсене татса пама тимлĕ тăрăшнă. КПСС обкомĕн бюровĕ республикăн тĕллевлĕ комплекслă программисем тата социаллă пурнăçпа культурăн пурлăхпа техника никĕсне аталантармалли заданисем мĕнле пурнăçа кĕрсе пынине критикăллă тишкерсе пăхса тухнă. Çакна палăртнă: вуниккĕмĕш пилĕкçуллăхра социаллă пурнăçпа культурăна аталантармашкăн капитальнăй ĕçсем тума, иртнĕ пилĕкçуллăхри çак тапхăртипе танлаштарсан, 1,5 хут нумайрах укçа уйăрса панă. Обком бюровĕ çакна та палăртнă: социаллă пурнăçпа культурăна çĕнетсе лайăхлатассин хăвăртлăхĕ парти социаллă пурнăçпа культурăна хăвăртрах аталантарас тĕлĕшпе кăларса тăратнă требованисемпе килĕшсе тăмасть. «Пурăнмалли сурт-йĕр-2000» программа пурнăçланса пыраймасть. Класс пӳлĕмĕсем ситменнине пула пĕтĕмĕшле пĕлӳ паракан шкулсенче вĕренекенсен 11,4 проценчĕ иккĕмĕш е виççĕмĕш сменăра вĕренет. Медицина пулăшăвĕ парассипе сыхăннă ыйтусене татса парас тĕлĕшпе ӳсĕм тăвайман-ха. Строительство организацийĕсене ертсе пыракан коммунистсем пурăнмалли суртсене, шкулсене, шкул çулне ситмен ача-пăча учрежденийĕсене, сывлăха сиплекен учрежденисене, культура объекчĕсене вăхăтра ĕçе кĕртессишĕн ответлăха туясси чакнă. КПСС обкомĕн бюровĕ КПСС хула комитечĕсемпе райкомĕсене ĕçе вырăнсенче тишкерсе тухма, палăртнă программăсем пурнăçа кĕрейменшĕн айăплисене парти енчен ответ тыттарма хушнă. Министрсен Советне, Госплана, республикăри министерствăсемпе ведомствăсене, хуçалăх организацийĕсене ертсе пыракан коммунистсем пур пек ситменлĕхсене пĕтерме, вуниккĕмĕш пилĕкçуллăхăн социаллă пурнăçпа культурăн пурлăхпа техника никĕсне аталантармалли заданийĕсене пурнăçламашкăн организатора ĕçне политикăлла [illegible] тивĕçлĕ.

Пурăнмалли сурт-йĕр, шкулсемпе ача-пăча учрежденийĕсем, поликлиникăсем ĕçе кĕртмелли плана тултарас тĕллевпе КПСС обкомĕпе Министрсен Совечĕ СССР Госснабне çыру янă, Чăваш республикине 186 пин тăваткал метр линолеум тата [illegible]

вĕсемпе ĕçлекен комиссийĕн ларăвĕнче бюро республикăри хăшпĕр предприятисенче халăха кирлĕ таварсем туса кăларассине мĕнле йĕркеленине пур енчен те тишкерсе тухнă. çак ыйтăва сӳлерех асăннă асăрхаттарусемпе сĕнӳсене шута илсе сӳтсе явнă, вуккиççĕмĕш пилĕкçуллăхра халăха кирлĕ таварсем туса кăларассине аталантармалли комплекслă программа проектне, тĕпрен илсен, ырланă.

КПСС обкомĕ халăха апатсимĕç продукчĕсемпе тивĕçтерес, ялта çĕнĕ йышши экономика хутшăнăвĕсем ĕçе кĕртнĕ, продукци пахалăхне, ăна упраса усрассине тата унран продукци туса кăларассине лайăхлатнă май ялхуçалăх продукцийĕ хатĕрлессине ӳстерес ыйтусем çине куллен тимлĕ пăхнă. Ку ыйтусене республика руководителĕсен, хуласемпе районсен, колхозсемпе совхозсен, агропромышленность комплексĕн ытти предприятийĕсен руководителĕсен канашлăвĕсенче тăтăшах сӳтсе явнă. Контроль тĕллевĕпе КПСС обкомĕн бюровĕ «КПСС Шупашкар райкомĕ партин XXVII съезчĕн, КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕсен требованийĕсемпе килĕшӳллĕн экономикăна ертсе пырас, ялхуçалăх производствинче хуçалăх расчетне тата ĕçе йĕркелемелли прогрессивлă формăсене ĕçе кĕртес тĕллевпе хăйĕн ĕçне çĕнĕлле йĕркелесси синчен» йышăннă постановление мĕнле пурнăçа кĕртсе пынин результачĕсене пăхса тухнă. КПСС райкомне парти енчен ертсе пымалли стиле пĕрмай лайăхлатса пыма, партин суйланă органĕсен ĕçне малалла демократизацилес, управленин тата хуçалăха тытса пырас ĕçĕн экономика меслечĕсене анлăн ĕçе кĕртмелли мерăсене пурнăçлама сĕннĕ.

Автомобиль çулĕсем, социаллă пурнăçпа тата культурăпа йăла объекчĕсем, хăмла туса илмелли объектсем, агропромышленность комплексĕн ялхуçалăх чĕртаварĕнчен продукци туса кăларакан отраслĕсен объекчĕсене тăвасси, çав шутра Çĕнĕ Шупашкарта сĕт завочĕ, улма-çырлапа пахчаçимĕç базин тăвасси чарăнса ан лартăр. Шупашкарти кондитер фабрикине крекер туса кăлармалли лини вырнаçтарса пысăклатасси чарăнса ан лартăр тесе, КПСС обкомĕпе Чăваш АССР Министрсен Совечĕ РСФСРти Хура тăпраллă мар зона Госагропромĕнчен республикăна капитальнăй ĕçсем тума государство централизациллĕ йĕркепе укçа уйăрса парассине ӳстерме, асфальтобетон туса кăларакан «Тельтомат» завода «Чувашагропромдорстрой» пĕрлешĕвне сирĕплетсе пама ыйтнă. Республика ялĕ районсене газ кĕртмешкĕн материалпа техника ресурсĕсем уйăрса пама ыйтса, РСФСРăн Хура [illegible]

вăртрах реформа ирттерессине КПСС обкомĕ хăйĕн чи кирлĕ задачисенчен пĕри вырăнне хурать. Бюро ларăвĕнче КПСС Етĕрне райкомĕ КПСС Центральнăй Комитечĕн 1988 çулхи февральти Пленумĕн тата парти обкомĕн VIII пленумĕн решенийĕсемпе килĕшӳллĕн халăха вĕрентмелли системăна çĕнĕлле йĕркелессине ертсе пырас тĕлĕшпе мĕнле ĕçлени синчен отчет итленĕ. Ку ыйтупа йышăннă анлă постановлени КПССăн ытти хула комитечĕсемпе райкомĕсемшĕн те пысăк пĕлтерĕшлĕ.

КПСС обкомĕ партин шалти пурнăçне демократизацилленĕ, уççăнлăха анлăн аталантарса пынă, парти ĕçĕн пĕлтерĕшĕпе формисене тата меслечĕсене тĕпрен улăштарнă никĕс çинче парти организацийĕсене çĕнĕлле йĕркелеме пулăшакан мерăсем йышăннă. Çак ĕçри тĕп сулйĕрсене область, хула, район парторганизацийĕсемпе пусламăш организацийĕсем хальхи условисенче çĕнетĕве тарăнлатса пымалли программăсенче кăтартса панă. КПСС обкомĕ парти организацийĕсенче 1989 çулта ирттернĕ отчетсемпе суйлавсен итогĕсене, коммунистсем пухусенче асăрхаттарса каланисемпе вĕсен сĕнĕвĕсене тарăн тишкерсе тухнă, кирлĕ решенисем йышăннă. КПСС обкомĕн бюровĕ «КПСС Муркаш райкомĕ партин Пĕтĕм Союзри XIX конференцийĕ «Уççăнлăх синчен» йышăннă резолюцие пурнăçа кĕртес тĕлĕшпе ĕçлени синчен» йышăннă постановлени парти органĕсемпе организацийĕсен ĕçне позитивлă витĕм кӳрет.

Парти членĕсен дисциплинине çирĕплетес, парти организацийĕсен авторитетне ӳстерес тĕлĕшпе КПСС обкомĕн Секретариачĕ Парти контролĕн комиссийĕн «КПСС хула комитечĕсемпе райкомĕсем КПСС Уставĕн коммунистсем икĕ хут пысăкрах ответлă пулни çинчен калакан требованине пурнăçа кĕртес тĕлĕшпе ĕçлени синчен» йышăннă постановлени пысăк пĕлтерĕшлĕ. Тĕрĕслев çак ĕçри пысăк ситменлĕхсене уçса палăртнă. Сăмахран, парти комитечĕсенчен хăшпĕрисем çул çинче транспортпа инкек пулнăшăн, хăрушсăрлăх техникин правилисене пăхăнманшăн, ӳсĕмсене пысăклатса кăтартнăшăн халăх сучĕ айăпланă сынсене парти ретĕнчех хăварнă. 1988 çулта тата 1989 çулăн 9 уйăхĕнче уголовнăй наказани памалли ĕçсемшĕн общество витĕм кӳмелли мерăсемпе айăпланă 11 коммуниста пухусенче сӳтсе явиннех сырлахнă. Ĕçкĕпе иртĕхнешĕн, ваккăн [illegible] тата ытти савнашкал ĕçсемшĕн администраци енчен ответ тыттарнă коммунистсем тĕлĕшпе те çакнашкалах «ырă кăмăллă» пуласçĕ. Сакна шута илсе, КПСС обкомĕн Секретариачĕ партин ху- [illegible]

са кăтартнипе, ултавпа тата хуçасарлăхпа çыхăннă ĕçсене çирĕпрех принциплă пулса пăхса тухма хушнă.

Парти, совет тата хуçалăх органĕсен тивĕçĕсене уçăмларах палăртма кирлĕ утăмсем тунă. Ку ыйтупа парти обкомĕн бюровĕ «КПСС обкомне хуçалăх ыйтăвĕсемпе килнĕ сырусем çинчен» постановлени йышăннă. Сăлтавĕ акă мĕнре. Парти комитечĕсенчен, вырăнти Советсен ĕçтăвкомĕсенчен, министерствăсемпе ведомствăсен, предприятисемпе организацисен руководителĕсенчен хăшпĕрисем ĕçре халĕ те кивĕ меслетпе усă кураççĕ, ĕçе йĕркелес вырăнне хут сыраççĕ, ситменлĕхсемпе йăнăшсемшĕн ответлăха хăйсем синчен сирсе яма хăтланаççĕ. КПСС обкомне яракан сырусенчен ытларахăшĕнче вĕсем хуçалăх ĕçĕсем пирки ыйтаççĕ, ӳпкелешеççĕ. Кунта договорпа йышăннă обязательствăсене пурнăçламани, предприятисем пĕрпĕрин умне требованисем лартни, техника уйăрса парасси, подрядлă ĕçсен лимичĕ, строительство материалĕсем, тĕрлĕрен объектсене строительство планне кĕртесси çинчен — совет органĕсем, планлакан органсем, снабжени, хуçалăх органĕсем татса памалли ыйтусем синчен — сăмах пырать. Çакна шута илсе, бюро постановленире хуçалăх ыйтăвĕсемпе сырнă сырусене КПСС обкомĕн аппарачĕнче пăхса тухмасăрах, çав ыйтусене татса пама тивĕçлĕ органсене ярса пама палăртнă.

Иртнĕ уйăхсенчи пекех канашлусемпе ларусен, йышăнакан решенисен шутне, хут çырассине чакарас тĕлĕшпе мерăсем пурнăçа кĕртнĕ. Идейăллă воспитани ĕçне пуçламăш парторганизацисенче, ĕç коллективĕсенче туса пырасси çине, общественность шухăшне шута илессине, çынсемпе çыхăну тытассине анлăрах сарасси çине тимлĕрех пăхма пуçланă. 1988 çулхипе танлаштарсан, 1989 çулта КПСС обкомĕн бюровĕпе Секретариачĕн ларăвĕсен шучĕ чакнă, постановленисем 10,6 процент чухлĕ сахалрах йышăннă. Çак вăхăт хушшинче КПСС обкомĕнче документсем хатĕрлесси 5,9 процент чакса 6,7 пин единицăна яхăн юлнă. Çав шутран 6 пине яхăн — КПСС обкомне ярса панă документсем. Тĕрлĕрен ыйтусемпе 1241 çынна йышăннă, КПСС обкомĕнче йышăннă сынсен йышĕ 3,2 хут ӳснĕ. Çав шутра 771 сынна КПСС обкомĕн секретарĕсем йышăннă. Çакăнпа пĕрлех сершер граждана КПСС обкомĕн секретарĕсемпе обком пайĕсен заведующийĕсем хуларa, районсенче, ĕç коллективĕсенче йышăннă. Массăсемпе çыхăну тытма уйăхри чухнехи пекех политкунсем, профилактика кунĕсем, министерствăсемпе ведомствă- [illegible]

# Хамăр вăйпа

ИРТНĔ çулхи пĕр калаçу ялаплăхах асра юлчĕ. Пĕррехинче, çуракине тухас умĕн, совхоз директорĕ А. Кудряшов самантлăха хăй патне кĕрсе тухма сĕнчĕ. Калаçу арендаторсен ĕçĕ пирки пычĕ. Ку вăхăта совхозра аренда подрячĕпе ĕçлекен механизаторсен уйрăм бригадине йĕркеленĕччĕ ĕнтĕ. Вĕсем кĕр калчисене кĕске вăхăтра апатлантарса пĕтерни, çурхи тырă акма лайăх хатĕрленсе тухни тем пекех савăнтарчĕ. Çакна Алексей Леонидович та асăрхарĕ пулас.

— Арендăпа ĕçлеме кăмăлу çук-и? — тӳрех ыйтрĕ вăл.

— Шухăш пур. Анчах мĕнрен пуçăнмалла?

— Пĕлетĕн-и, Николай Федорович, хамăр вăйпа пахчаçимĕç туса илме шут тытрăмăр. Совхозра ача сачĕ пур, шкулта, ялта столовăйсем усăнă. Пахчаçимĕç туянма ют хуçалăхсене е районсене кайма тивет. Тепĕр тесен, мĕн кирлине алхапăлах тупса туянма çук тата хакла ларать. Хамăр çĕр çинчех купăста, кишĕр, хăяр, кăшман ситĕнтерме май пур. Сирĕн, тӳрех калатăп, ку енĕпе ăсталăх çук мар, пĕлӳ ситĕлĕклĕ. Тен, килĕшетĕр?

Турткалашса тăмарăм. Бригадăри çынсемпе калаçрăм. Арендăна çĕр илсе ĕçлеме килĕшекенсем тупăнчĕç. Часах совхоз 6 гектар çĕр, техникăпа ĕç хатĕрĕсем уйăрса пачĕ. Пĕрремĕш çул 3 гектар купăста, 2 гектар çĕрулми, кăшман туса илме шут тытрăмăр. Вуна çынран чăмăртаннă звено 304 центнер купăста, 276 центнер çĕрулми пухса кĕртрĕ. Пĕтĕм çимĕçе ача сачĕпе столовăйсене патăмăр, ял çыннисене сутрăмăр. Малтан шутласа пăхнă тăрăх, 7.623 тенкĕлĕх продукци туса илнĕ. Хăйхаклăх пысăках мар. Аренда подрячĕпе ĕçлени икĕ енлĕ усă пачĕ. Пĕри — хамăр вăйпа купăста, çĕрулми тата ытти пахчаçимĕç туса илни. Тепри — арендаторсене уйăрса панă çĕр лаптăкĕнчи укçан тупăш.

Кăçал 15 гектар çинче сад пахчи чĕртетпĕр.

Н. БАРАНОВ,
Куславкка районĕнчи «50 лет Октября» совхоз арендаторĕ.

● Н. Ф. Баранов арендатор.

Ю. Дмитриев фотоӳкерчĕкĕ.

## Политика пĕлĕвне ӳстеретпĕр

Çитĕнекен ăрăва вĕрентсе воспитани парас ĕçе учительсене шанса панă. Тивĕçе кирлĕ пек пурнăçлама пире тарăн пĕлӳ кирлĕ. Теори семинарĕнче вĕренсе те, хамăр тĕллĕн вуласа та анлăлататпăр тавракурăма. Акă иртнĕ вĕренӳ çулĕнче Ураскилт вăтам шкулĕнчи учительсем «Нацисем хушшинчи сыхăнусем, интернационалла тата çар патриотизмĕ майлă воспитани парасси» программăна тишкерчĕç. Партин XIX конференцийĕн материалĕсемпе те тĕплĕн паллашрăмăр. В. И. Ленинăн хăшпĕр ĕçĕсем тăрăх практикăлла занятисем ирттертĕмĕр.

Кăçалхи вĕренӳ çулĕнче занятисене В. Осипов пропагандист ирттерет. Пĕлтĕр вĕреннĕ курса малалла тăсатпăр. Калаçăва пурне те хутшăнтарас тĕллевпе пропагандист активлă формăсемпе усă курма тăрăшать. Дискуссисемпе ĕçлĕ вăйăсем ыйтăва пур енлĕн те сӳтсе явма май параççĕ. Занятисенче А. Васильев, В. Емельянов, В. Миронов, К. Осипова уйрăмах активлă.

Эпир теори семинарĕнчи вĕренĕве пурнăçпа сыхăнтарма тăрăшатпăр, хамăр пĕлĕве ыттисене паратпăр. Акă, Н. Миронов, А. Максимов, Т. Анисимова коммунист учительсем «Молния» колхозра пропагандист пулса ĕçлеççĕ.

О. МИХАЙЛОВА,
Элĕк районĕнчи Ураскилтри вăтам шкулти парторганизаци секретарĕ.

## Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕнче

Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ, урăх ĕçе куçнă май, Владимир Павлович Петин юлташа — Чăваш АССР халăх контроль комитечĕн председателĕн ĕçĕсенчен, Юрий Петрович Назаров юлташа — Чăваш АССР шалти ĕçсен министрĕн ĕçĕсенчен; Александр Иванович Морозов юлташа, ăна Чăваш АССР Государство агропромышленность комитечĕн председателĕн заместителĕн тивĕçĕсенчен хăтарнă май, Чăваш АССР министрĕн ĕçĕсенчен хăтарнă.

## Этем кунçулĕ

...КАНАШРАН Вăрăмпуç ялне каякан автоçулпа кирек хăш [illegible]

ачасенчен пытарнă. Выçă чунсем çăкăр патне алă тăсăлса- [illegible]

Лапсарта главнăй механик, Елена — Мускавра инженер, [illegible]

...лартнӑ.

«ГОРЬКОВСКАЯ ПРАВДА».

## Ял валли сурт

Сызраньти «Куйбышевагропромпроект» филиал специалисчӗсем облаҫри чылай районти ялсене ҫӗнетсе пайӑхлатас. «Ялсене ку чухнехи суртсен проекчӗсене туса хатӗрленӗ. 1990 ҫулталӑкчен пусласа ҫак проектсем тӑрӑх Шигоны районӗнчи Малячкино ялӗнче 200 вырӑнлӑ клуб, Луговский поселокӗнче шкул, Пионерский поселокра 140 вырӑнлӑ ача сачӗ тата автоҫул тӑваҫҫӗ. Хальхи вӑхӑтра проектировщиксем Ставрополь районӗн Кирилловка ялне ҫутсанталӑк газӗ кӗртмелли, хулари апат-ҫимӗҫ комбиначӗн кондитер цехне реконструкцилеме документсем хатӗрлеҫҫӗ. Ялсенче пурӑнмалли суртсене илемлӗ тата хӑтлӑ туни ҫынсен ӗҫлес кӑмӑлне ҫӗклет.

«ВОЛЖСКАЯ КОММУНА».

## Вӑрманти ӗҫҫи

Облаҫри вӑрман хуҫалӑхӗсенче халӗ хыр йӗкелӗсем хатӗрлес енӗпе хӗрӳ ӗҫ ҫи пырать. Вӑрман ӗҫченӗсем кӑҫал 100 тонна ытла йӗкел пухма шутлаҫҫӗ.

Алексеевка, Быковское, Камышино, Урюпино вӑрман хуҫалӑхӗсем тата Арчединскри вӑрман хуҫалӑхӗн техникумӗ йӗкел пухмалли ӗҫе лайӑх йӗркеленӗ. Пухнӑ йӗкеле пӗтӗмпех Михайловка вӑрман хуҫалӑхне ӑсатаҫҫӗ. Кунта вӑрлӑха ҫуркунне акма хатӗрлеҫҫӗ.

Пӗлтӗр облаҫри вӑрман хуҫалӑхӗсем пӗр тоннӑна яхӑн вӑрлӑх хатӗрленӗ. Кӑҫал ҫак кӑтарту пысӑкрах пулать.

«ВОЛГОГРАДСКАЯ ПРАВДА».

## Ҫеҫенхирти женьшень

Саратов облаҫӗн Озински районӗнчи вырьӑх самӑртакан «Горный» совхоз ӗҫченӗ В. И. Ижанов темиҫе ҫул каярах хаҫатра Белоруссири женьшень ӗрчетекенсем ҫинчен каласа панӑ статьяпа паллашнӑ. «Пурнӑҫ тымарне» хӑйӗн пахчинче ҫитӗнтерес ӗмӗтпе ветеран аякри ҫула тухать. Ҫулҫӳревре вӑл икӗ ҫулхи тымарсем туянса килет, ҫавӑн пекех вӑл женьшень ҫитӗнтермелли меслетсемпе тӗплӗн паллашнӑ.

Ҫапла вара Атӑл тӑрӑхӗнчи типӗ ҫеҫенхирте халиччен пулман ӳсентӑран ҫитӗнме пуҫланӑ. Кӑҫал Ижанов хӑй ҫитӗнтернӗ женьшень тымарӗсене пухса илнӗ. Унпа сиплӗ шӗвек туса хатӗрленӗ, вӑл ҫемье членӗсемшӗн чӑн-чӑн «пурнӑҫ эмелӗ» пулса тӑнӑ.

«КОММУНИСТ».

семпе ведомствӑсене, хуҫалӑх организацийӗсене ертсе пыракан коммунистсем пур пек ситменлӗхсене пӗтерме, вуниккӗмӗш пилӗкҫуллӑхӑн социаллӑ пурнӑҫпа культурӑн пурлӑхпа техника никӗсне аталантармалли заданийӗсене пурнӑҫламашкӑн организаторла ӗҫпе политикӑлла ӗҫе вӑйлатма тивӗҫлӗ.

Пурӑнмалли сурт-йӗр, шкулсемпе ача-пӑча учрежденийӗсем, поликлиникӑсем ӗҫе кӗртмелли плана тултарас тӗлӗшпе КПСС обкомӗпе Министрсен Совечӗ СССР Госснабне ҫыру янӑ. Чӑваш республикине 186 пин тӑваткал метр линолеум тата суртсене ӑшӑтмалли приборсем 21 пин квт. чухлӗ уйӑрса пама ыйтнӑ.

КПСС обкомӗн социаллӑ пурнӑҫпа экономика ыйтӑлармалли лини вырнаҫтарса пысӑклатасси чарӑнса ан лартӑр тесе, КПСС обкомӗпе Чӑваш АССР Министрсен Совечӗ РСФСРти Хура тӑпраллӑ мар зона Госагропромӗнчен республикӑна капитальнӑй ӗҫсем тума государство централизациленӗ йӗркепе укҫа уйӑрса парассине ӳстерме, асфальтпа бетон туса кӑларакан «Тельтомат» завода «Чувашагропромдорстрой» пӗрлешӗвне сирӗплетсе пама ыйтнӑ. Республика ялӑ районсене газ кӗртмешкӗн материалпа техника ресурсӗсем уйӑрса пама ыйтса, РСФСРӑн Хура тӑпраллӑ мар зонин Госагропромне тата «Росстройгазификация» пӗрлешӗве сырусем янӑ. Ыйтусене хӑшпӗр енчен тивӗҫтернӗ.

Халӑха вӗрентес ӗҫре хӑ... правилӑсене пăхăнмашăн, ӳсӗмсене пысӑклатса кӑтартнӑшӑн халӑх сучӗ айӑпланӑ ҫынсене парти ретӗнчех хӑварнӑ. 1988 ҫулта тата 1989 ҫулӑн 9 уйӑхӗнче уголовнӑй наказани памалли ӗҫсемшӗн общество витӗм кӳмелли мерӑсемпе айӑпланӑ 11 коммуниста пухусенче сӳтсе явнипех сырлахнӑ. Ӗҫкӗпе иртӗхнӗшӗн, йӑкӑн - вӑрлавшӑн тата ытти савнашкал ӗҫсемшӗн администраци енчен ответ тыттарнӑ коммунистсем тӗлӗшпе те ҫакнашкалах «ырӑ кӑмӑллӑ» пулаҫҫӗ. Ҫакна шута илсе, КПСС обкомӗн Секретариачӗ партин хула комитечӗсемпе райкомӗсене, райком прависемпе усӑ куракан парткомсене коммунистсене администраци енчен ответ тыттарнипе, эрех ӗҫессине хирӗҫле законсене пӑснипе, ӳсӗмсене пысӑклат... 6,7 пин единицӑна яхӑн юлнӑ. Ҫав шутран 6 пине яхӑн — КПСС обкомне ярса панӑ документсем. Тӗрлӗрен ыйтусемпе 1241 ҫынна йышӑннӑ, КПСС обкомӗнче йышӑннӑ ҫынсен йышӗ 3,2 хут ӳснӗ. Ҫав шутра 771 ҫынна КПСС обкомӗн секретарӗсем йышӑннӑ. Ҫакӑнпа пӗрлех сӗршер граждана КПСС обкомӗн секретарӗсемпе обком пайӗсен заведующийӗсем хулара, районсенче, ӗҫ коллективӗсенче йышӑннӑ. Массӑсемпе ҫыхӑну тытма уйӑчӗнхи пекех политкунсем, профилактика кунӗсем, министерствӑсемпе ведомствӑсен руководителӗсем ӗҫ коллективӗсенче отчет тумалли кунсем тӑтӑшах иртерӗҫ. «Диалог» политклуб ларӑвӗсенче тата ытти мероприятисенче пӗр-пӗрин шухӑшӗпе анлӑн паллашнӑ.

...ямма ют хуҫалӑхсене е районсене кайма тивет. Тепӗр тесен, мӗн кирлине алхапӑлах тупса туянма ҫук тата хакла ларать. Хамӑр ҫӗр ҫинчех купӑста, кишӗр, хӑяр, кӑшман ҫитӗнтерме май пур. Сирӗн, тӳрех калатӑп, ку енӗпе ӑсталӑх ҫук мар.

...гектар ҫинче сад пахчи чӗртетпӗр.

Н. БАРАНОВ, Куславкка районӗнчи «50 лет Октября» совхоз арендаторӗ.

● Н. Ф. Баранов арендатор.

Ю. Дмитриев фотоӳкерчӗкӗ.

...ччӗ Петӗн юлташа — Чӑваш АССР халӑх контроль комитечӗн председателӗн ӗҫӗсенчен, Юрий Петрович Назаров юлташа — Чӑваш АССР шалти ӗҫсен министрӗн ӗҫӗсенчен, Александр Иванович Морозов юлташа, ӑна Чӑваш АССР Государство агропромышленность комитечӗн председателӗн заместителӗн тивӗҫӗсенчен хӑтарнӑ май, Чӑваш АССР министрӗн ӗҫӗсенчен хӑтарнӑ.




Кашни ҫулах кишӗр лартса ӳстеретпӗр. Анчах вӑл хӑвӑрт типсе каять. Тен, ӑна упраса хӑварас тесен, урӑхла майпа та усӑ курма пулать!

Е. ШУРКИНА.
Елчӗк районӗ.

## Лайӑх упранать

Кишӗре консервлама пулать. Ҫакна валли сӗтеклӗ, таса ҫимӗҫсене суйласа илмелле. Малтанах 10—15 минут сивӗ шывра тытмалла. Тасатнӑ хыҫҫӑн 90 градус вӗри (вӗреме кӗреймен шыв) шыва 2—4 минутлӑха ямалла, вӑл ҫемҫелет. Унтан хуппинчен тасатса шывра чӳхесе илмелле. Пӗр сантиметр хулӑнӑш ҫаврашкасем туса касмалла, банкӑна тултармалла. Унта кашни литр пуҫне 30 грамм тӑвар ярса ирӗлтернӗ, вӗреме кӗрекен (80—100 градус) шыв ямалла.

Банкӑсене вӗрекен шыва чиксе кӑларнӑ хупӑлчасемпе витмелле, унтан стерилизацилемелле. Ҫур литр банкисене — 40 минут, пӗр литрлисене — 50 минут хушши. Унтан хупӑлчасемпе питӗрсе лартмалла.

## Сало хатӗрлесси

Ялсенче сысна салипе нумай чух яшка е шаркку пӗҫерме кӑна усӑ кураҫҫӗ. Эпӗ вара нумай ҫулсем хушши ӑна хам пӗлнӗ пек тӗтӗмлетӗп. Ял ҫыннисене те ҫак апата хатӗрлеме хӑнӑхтарнӑ, хаҫат вулакансемшӗн те интереслӗ пулӗ тетӗп.

Тин ҫеҫ пуснӑ е тахҫанах пуснӑ сысна ашӗ те юрать. Сыснан кӑкӑр пайне пӗтӗмпех касса кӑларатӑп. Унтан ҫурӑм шӑмми тӑрӑх касса уйӑратӑп та тӑватӑ е пилӗк аяк шӑмми тӑрӑх шал енчен ҫӗҫӗпе ерипен ҫеҫ тирӗ патне ҫити ҫурса тухатӑп, тирне шӑтармалла мар.

Ҫак ҫурнӑ йӗрсем тӑрӑх малтан тӑвар пӗрер кашӑк сапса тухатӑп. Унтан мясорубка витӗр кӑларса шывпа шӗветнӗ ыхрапа сӗрсе ислетсе тухатӑп. Ыхрине мӗн чухлӗ илес тенӗ ҫавӑн чухлех илме юрать, аш тутлӑрах ҫеҫ пулать. Касса тухнӑ йӗрсем хушшине лавр ҫулҫисем хурса тухатӑп, ҫиелтен тутӑ кӗмелӗх хура пӑрӑҫ сапатӑп.

Ҫак ӗҫе тума пурӗ те пӗр сехете яхӑн кӑна вӑхӑт кирлӗ.

Хатӗрленӗ какая виҫӗ талӑк ҫаплипех лартатӑп. Унтан пӗчӗкрех касӑксем туса марлӗне михӗ пек ҫӗлесе тултаратӑп та мунча каштинчен ҫакса тухатӑп. Унтан мунча кӑмакине 4—5 пуленккепе, алӑка, кӑмака люшкине хупса вутӑ ҫунтаратӑп (ку ӗнтӗ аша тӗтӗмлеме). Ҫак ӗҫе кунне икӗ хутчен, ирхине — каҫхине тӑватӑп. Хутса тӗтӗмлеме вӑхӑт 15 минутран ытла иртмест.

Вуттине пӗлсе суйласа илмелле. Хурӑнпа хыр пуленккисем ан илӗр, хурӑнран сӑмала тути, хырӑн хыр тути тухса аша ҫапать.

Ҫакӑн пек виҫӗ кун хушши хутса тӗтӗмлемелле. Хатӗр салӑна ҫиес умӗн кирлӗ чухлӗ касса илсе ҫатма ҫине чуста па (кирек епле ҫӑнӑхран та юрать) чӗркесе хуратӑп та хутса кӑларнӑ кӑмакара ҫур сехет е пӗр сехет чухлӗ тытатӑп. Унтан пӑралукран ҫакса ҫуне юхтаратӑп, сивӗтнӗ сало ҫиме хатӗр.

Мӗн чухлӗ ҫынна хӑналаман пулӗ эпӗ ҫак апатпа, тиркени пулман. Тутанса пӑхсанах ӑна епле хатӗрлемелле, вӗрентсе теме пуҫлаҫҫӗ.

Ҫак тутлӑ апата хатӗрлеме вӑрттӑнлӑх ҫук, кашниех эпӗ сӗннӗ пек тума пултарать, вӑхӑчӗ те нумай каймасть.

В. КОЗЛОВ.
Тӑвай районӗ,
Амалӑх ялӗ.

## Усӑллӑ сӗнӳсем

Аш пахалӑхӗ мӗнле пулнине ӑна пӳрнепе пусса пӑхса та пӗлме пулать. Енчен те пусса пӑхнӑ хыҫҫӑн юлнӑ путӑк хӑвӑрт тулать пулсан, ҫак аш паха. Ҫакӑн пек какайӑн касӑкӗ типӗ те ҫемҫе пулать.

Тепӗр мел те пур. Ҫулӑм ҫинче хӗртнӗ вилкӑпа е ҫӗҫӗпе аша тирсе пӑхӑр, какай пахалӑхӗ япӑх пулсан, вилка вӗҫӗнчен аван мар шӑршӑ кӗрет.

* * *

Йывӑр шӑршӑ ҫапа пуҫланӑ какайпа усӑ курма тивет пулсан, ҫапларах тӑвӑр: ӑна пӗҫерекен куршака е кастрюле 1—2 кӑмрӑк ямалла, вӑл шӑрша пӗтерет. Ҫавӑн пекех какая вакласа сивӗ шывпа ҫуса тасатмалла, унтан кӑмрӑк хурса сивӗ шыв ярса лартмалла. Тепӗр 2—3 сехетрен кӑмрӑка кӑларса илсе, какая пӗҫерме юрать.

* * *

Темиҫе сехет малтан горчицӑпа сӗрсе кӑштах типӗлле пӗҫерсе илнӗ ӗне какайӗнчен хатӗрленӗ шаркку питӗ тутлӑ пулать.

* * *

Какая пӑҫерме пуҫличчен малтанах тӑвар сапса хума кирлӗ мар, унсӑрӑн вӑл ислонсе каять, тути те, тутлӑхӗ те чакать.

## Хӗлле садра

Январьте садри мӗнпур ӗҫсене улма-ҫырла йывӑҫҫисене сивӗрен упраса хӑварас тӗлӗшпе тумалла, вулӑсем таврашӗнчи юра тымарсене сивӗ тивесрен, шӑшисем кӑшласа сиенлесрен таптаса хытармалла.

Йывӑҫ вуллисемпе турачӗсем 40—45 градуса ҫити сивве тӳсме пултараҫҫӗ. Ҫав вӑхӑтрах тымарӗсем 10—12 градуса та тӳсеймеҫҫӗ. Туратсем хуҫӑлса ан аманччӑр тесен, йывӑҫсем ҫинчи юра силлесе тӑкмалла, ҫакна валли михӗ е ҫӗтӗк татки явалаcа ҫыхнӑ шӑчӑпа усӑ курма пулать.

Вырӑнти условисенче хӑйсемех панулми, груша хунавӗсем ӳстерекенсен, енчен те кӗркунне акса хӑварма ӗлкӗреймен пулсан, ҫак культура вӑррисене халех стратификацилемелле. Ҫакӑ вӑрӑсене каярахпа хӑвӑрт шӑтса тухма пулӑшать. Вӑрӑсене 3—4 пай хӑйӑр е торфпа хутӑштарса нӳретмелле, чечек куршакӗсене е ещӗксене тултарса 3—4 градус температура тӑракан нӳхрепре усрамалла.

Упранӑ чух вӑрӑсене темиҫе хут пӑтратмалла, нӳретсе тӑмалла. Вӑрӑсем вӑхӑтсӑр шӑтса тухсан, вӗсене каярахпа 0 градус температурӑллӑ вырӑнта виҫӗ уйӑх тытмалла.

Енчен те нӳхрепре сыпмалли ҫимӗҫсен хунавӗсем упранаҫҫӗ пулсан, вӗсене те тӗрӗслесе тӑрӑр. Сылӑш ытлашши ӑшӑнса ан кайтӑр, унсӑрӑн папкасем вӑхӑтсӑр чӗрӗлме пултараҫҫӗ. Енчен те нӳхрепри сылӑш пурпӗр ӑшӑнса кайрӗ пулсан, хунавсене илсе тухса хура хутпа, пакетпа чӗркесе хуралтӑн ҫурҫӗр енне юр ӑшне чавса хурӑр.

Хӗллехи вӑхӑтра кайӑксене те пулӑшма тӑрӑшӑр, вӗсем садри тӗрлӗ хурт-кӑпшанкӑсене пӗтереҫ. Вӗсене туратсенчен сырӑшсем ҫакса парӑр, унта хурса панӑ хӗвелҫаврӑнӑш, тырӑ пӗрчисем, типӗтнӗ пилеш ҫырлисем кайӑксемшӗн шӑпах кирлӗ апат.

## Этем кунҫулӗ

# АМӐШӖ

...ҪАНАШРАН Вӑрӑмпуҫ ялне каякан автоҫулпа кирек хӑш вӑхӑтра та «Путь Ленина» колхоза автобуспа ҫитме пулать. Вӑрӑмпуҫ тӗлне ҫитсен, асфальт вӗҫленет. Ял витӗр иртсен, ҫул пӗр енчен тырӑ пуссипе, тепӗр енчен выльӑх кӑшманӗ ҫумӗпе малалла Пӗршенер еннелле тӑсӑлать.

Пӗршенер — пысӑк ял мар. Икӗ-виҫӗ урам ҫеҫ. Евдокия Яковлевна Яковлева, вуникӗ ача амӑшӗ, ял варринчи урамра пурӑнать. Пӗлтӗр ҫеҫ купаласа лартнӑ кирпӗч ҫурт тӑпӑл-тӑпӑл.

Ял ҫынни ӗҫсене майлаштаркаласа пӗтернӗ хыҫҫӑнах ҫывӑрма выртать. Вӑхӑтлӑ килмерӗм пулӗ тесе, майӗпен кил хушшине кӗретӗп. Ӗне сунӑ чухне витрене перӗнекен сӗт сасси илтӗнсе тӑрать.

— Тӑхтӑр, халех вӗҫлетӗп,— текен сасӑ илтӗнчӗ. Ку Евдокия Яковловнан хӗрӗ Римма пулчӗ иккен.

— Чӑрмантармастӑр, халех ҫывӑрма выртман-ха, — тет вӑл, ӗнене ҫурӑмӗнчен лӑпкаса картишкелле хӑваласа янӑ май.

Тулли сӗт витрине йӑтса пӳрте кӗтӗмӗр. Килте ашшӗпе амӑшӗ телевизор пӑхаҫҫӗ. Ҫемьепе паллашасси альбомсенчен пуҫланчӗ. Евдокия Яковлевнапа Алексей Елизарович вунӑ хӗрпе икӗ ывӑл пӑхса ҫитӗнтернӗ. Вунӑшӗ мӑшӑрланнӑ ӗнтӗ. Килте халӗ икӗ кӗҫӗн хӗрӗ. Пӗри — ӗне сӑваканни пулчӗ, тепри, чи кӗҫӗнни Нина Шупашкарти медицина училищине экзаменсем тытма кайнӑ.

Пысӑк та туслӑ ҫемье. Халӗ Евдокия Яковлевнӑпа Алексей Елизаровичӑн 26 мӑнук. Вӗсем шутласа тухнӑ тӑрӑх хӗр-ывӑлӗн, мӑнукӗсен, кинӗсемпе кӗрӳӗсен шучӗ 46 ҫынна ҫитнӗ. Шел пулин те, ҫак йышпа халлӗхе пӗрре те пуханайман. 13 ҫул каялла, Евдокия Яковлевна 50 ҫул тултарнӑ чухне ҫӗршыв тӑрӑх саланнӑ ывӑлӗ-хӗрӗ, вӗсен ҫемйисем пуханнӑ. Пурнӑҫра ҫакӑн пек асра юлнӑ, хаваслӑ самант пулман пулӗ тесе шутлать амӑшӗ. Салам сӑмахӗсемпе, ҫемье юррипе, тӗрлӗ шӳтсемпе ӑна савӑнтарнӑ.

Алтатти аппан ачалӑхӗ ҫӑмӑл пулман. 1927 ҫулта Пӗршенерте ҫуралнӑ. Алтаттисӗр пуҫне тата иккӗн пулнӑ. Амӑшӗ чире кайса, хӗрача пиллӗкре чухнех ҫӗре кӗнӗ. Ашшӗ вара тата ҫурҫултан тепре авланнӑ. Амаҫури киле кӗрсенех, хӗрачашӑн ырӑ кун пӗтнӗ. Ҫакӑрне те, апат-ҫимӗҫне те ачасенчен пытарнӑ. Выҫӑ чунсем ҫӑкӑр патне алӑ тӑсӑлсанах хыттӑн кӑшкӑрса, вӑрҫса тӑкма пултарнӑ. Алӑри чӗлле те туртса илнӗ. Амаҫури «тӑрӑшнипе» пилӗк класран малалла вӗренме май килмен. Хаваслӑ мар иртнӗ ачалӑх хыҫҫӑн, вунпилӗк ҫулхи хӗр умне пурнӑҫ тепӗр йывӑрлӑх кӑларса тӑратнӑ. Фашистсен тискерле тапӑнӑвӗ ҫӗршыва хӑрушлӑха кӗртсе ӳкернӗ. Вӑйпитти арҫынсем вӑрҫа тухса кайнӑ хыҫҫӑн, тылри йывӑрлӑх Алтатти пек хӗрсем, хӗрарӑмсемпе ватӑсем ҫине тиеннӗ.

Ҫамрӑк Алтатти ялти ытти ҫынсемпе, хӗрсемпе вӑрман хатӗрленӗ ҫӗре тухса кайнӑ. Кӗске вӑхӑтрах «ӳссе ҫитӗннӗ» ҫамрӑксен сиввине те, выҫлӑхне те сахал мар тӳсме тивнӗ. Мӗн ачаранах хурипе шуррине самаях астивнӗ чӑваш хӗрӗ кунта та чӑтнӑ, тӑрӑшса ӗҫленӗ.

Вӑрҫӑ та иртнӗ, урамсенче купӑс сасси те, юрӑ-ташӑ та хаваслӑрах илтӗннӗ. Вӑрҫӑ суранӗсем те сипленме пуҫланӑ. Пӗршенер урамӗнчех Алтатти хӑйӗн юратӑвне тӗл пулнӑ. Юрӑ-ташӑ ӑстине, янӑравлӑ сасаллӑ ял каччине ҫамрӑксем килӗштернӗ. Ял каччи, Элексей шӳтлеме, купӑс калама ӑста пулнӑ. Каччӑ хуткупӑсне тӑсса ярсан, Алтатти юрра пуҫласан, ҫырмари вӗтлӗхри шӑпчӑк та чарӑнса вӗсене итленӗ тейӗн. Ҫӗнӗ мӑшӑр ҫемйинче килӗшӳ, ӑнланулӑх, пӗр-пӗрне яланах шанни, йывӑрлӑхра сӑмахпа пулӑшасси хуҫаланнӑ.

Улми те йывӑҫҫинчен аякка ӳкмест, теҫҫӗ. Вӗсен ачисемпе те ҫавӑн пекех пулса тухнӑ. Асли, Николай, тӑван «Путь Ленина» колхозрах тӑрӑшать. Ҫамрӑклах электрик специальноҫне алла илнӗ. Мӑшӑрланса, тӑван ялтах юлнӑ. Халӗ унӑн сакӑр ача. Кирек хӑш вӑхӑтра та асламӑшӗпе аслашшӗ патне чупса ҫитеҫҫӗ. Ватӑсемшӗн мӑнуксем чун ӑшши ӗнтӗ.

Маша хӗрӗ Шупашкарта ҫемйипе пурӑнать. Пир-авӑр комбинатӗнче пир тӗртекен пулса ӗҫлет. Уйӑхсерен плансене 130—135 процент тултарнӑшӑн ӑна темиҫе хут грамотӑсемпе, хаклӑ парнесемпе чысланӑ.

Ольга хӗрӗ Горький облаҫӗнчи чугун ҫул ҫинче, икӗ ача. Шура — Шупашкарта магазин заведующийӗ, Зина—тӗп хуламӑрта сутуҫӑ, Виталий— Лапсарта главнӑй механик, Елена — Мускавра инженер, Людмила — крановщица (вӑл та тӗп хулара пурӑнать), Альбина — Ульяновск облаҫӗнче пӗр шкулта завуч, Ирина — Нижний Тагил хулинче пахчаҫимӗҫ ҫитӗнтерекен пулса ӗҫлеҫҫӗ. Тата икӗ кӗҫӗн хӗрӗ пирки малтанах каларӑм. 1968 ҫулта Евдокия Яковлевна Яковлевана «Ача амӑшӗ-героиня» хисеплӗ ят панӑ.

Арчара упранакан медальсемпе орденсене эпӗ ыйтнипе вӑл сӗтел ҫине кӑларса хучӗ.

— Малтан вӗсем стена ҫумӗнче пусма татӑкӗ ҫинче упранатчӗҫ, — куларах каласа парать амӑшӗ. — Пӗррехинче пирӗн пата чикан майрисем килчӗҫ. Пӗри ӳкӗтлесех «Ача амӑшӗ-героиня» ылтӑн медале сутма ыйтать. Хӗрӗ каччӑ каять,имӗш. Пысӑк укҫа та парасшӑн. Ашшӗ чӑтаймарӗ, вӗсене пӳртрен тухса кайма ыйтрӗ.

Сӑпайлӑ ҫынсем. Алтатти аппан пӗтӗм орден-медальне ҫакса ӳкерӗннӗ сӑнӳкерчӗкӗ те альбомра пулмарӗ. Кирлех темен. Нумай ача ҫуратса, ҫӗршыва пысӑк усӑ панӑ Евдокия Яковлевна. Анчах «Ача амӑшӗ-героиньӑна» колхозра та, Канашри райӗҫтӑвкомӑн социаллӑ пулӑшу пайӗнче те манса кайнӑ. Халиччен Евдокия Яковлевнӑна пӗр хутчен те кану ҫуртне путевкӑпа яман.

— Пӗрре, вӑл 1964 ҫул пулчӗ пулмалла, путевка сӗннӗччӗ, — аса илет амӑшӗ. — Шӑпах утӑ вӑхӑчӗ. Ял ҫынни ҫакӑн пек вӑхӑтра курортсемпе санаторисем тӑрӑх ҫӳреймест ӗнтӗ. Те ҫавӑнпа урӑх сӗнмерӗҫ те.

Колхозри хӗрарӑмсен совечӗ мартӑн 8-мӗшӗ ячӗпе те пӗр хут та открытка е ҫыру ярса саламламан. Амӑшӗ-героиньӑна паракан ҫӑмӑллӑхсемпе тӗрлӗ таварсем илмелли списока та кӳртмен. Ҫӗршыв валли чӑн-чӑн граждансем ҫитӗнтернӗ пысӑк ҫемье ҫинчен колхозри тата районти ответлӑ ҫынсем манни чуна ыраттарать. Евдокия Яковлевна колхоз ӗҫӗнче хастар пулнӑ. Вӑрҫӑ хыҫҫӑн темиҫе ҫул трактористра ӗҫленӗ. Халӗ те вӑй ҫитнӗ таран колхоз уй-хирне тухать. Таймапуҫ, ҫӗр ҫинче ҫакӑн пек чӑн-чӑн амӑшӗсем пурришӗн.

Ю. ФРОЛОВ.



# Атăл кĕвви

Культура тата литературăпа искусство страници

● Чăваш АССР халăх писателĕ П. Н. Осипов çуралнăранпа 90 çул çитрĕ



## НУМАЙ ЕНЛĔ ТАЛАНТ

Петр Николаевич Осипов çинчен илтмен чăваш çук та пулĕ. Мĕншĕн тесен, унăн пултарулăхне кашни шкул ачиех вĕренет, кунсăр пуçне — унăн драмисемпе комедийĕсене чăваш театрĕсен сценисем çинче çулленех лартаççĕ. «Элкей таврашĕ» романне тата кашниех юратса вулать. Пĕр вăхăтра эпĕ Чăваш кĕнеке издательствинче ĕçлеттĕм. Çак романăн алçырăвне, — пĕрремĕш кĕнекине — малтан вуласа тухма тивнĕччĕ. Алçырăвăн малтанхи страници çине «сага» тесе çырнăччĕ. Апла П. Н. Осипов пысăк произведени çырма ĕмĕтленнĕ. Эпир «Сага о Форсайтах» текен калăплă кĕнекене вулана-çке. Акă епле пысăк ĕмĕт тытнă пирĕн драматург-писатель! Тытмасăр —пурнăç олнчĕ пысăк пуçнă Петр Николаевичăн. Вăл, 1900 çул пуçламăшĕнче çуралнăскер, çиреммĕш ĕмĕрĕн юлашки çĕр-...

кан «Тăван çĕршыв» юрă (кĕвви Г. Лебедевăн, сăвви И. Тукташăн) пуçласа сцена çинчен Н. П. Осиповăн «Тăван çĕршывра» пьесинче янăраса кайнă. Ку пьесăпа академи театрĕн артисчĕсем çĕкленÿпе ĕçлерĕç. Куçа хупсан, халĕ те Б. Алексеев, А. Долгова, А. Ургалкин, Е. Шорникова выляни куç умне тухса тăрать. Анчах «Тăван çĕршывра» пьеса шăпи йăнăçсăр пулса тухрĕ. Вăл вăхăтра А. А. Жданов «Звезда», «Ленинград» журналсем пирки доклад туса панăччĕ, кайран ВКП(б) Центральнăй Комитечĕ çав журналсем пирки постановлени те йышăннăччĕ (Тавах, нумаях пулмасть çак постановление парахăçа кăларчĕç). Паллах, пирĕн те, чăваш çыравçисем хушшинче те А. А. Жданов докладне сÿтсе явнă май, кăлтăклă произведенисем шырама тытăнаççĕ. Тупаççĕ вара П. Н. Осиповăн ...

çав таран пăшăрханни манăн чуна та ыраттарчĕ. Мĕнпе пулăшайăп эпĕ ăна? Ăна пулăшма ырă сăмах кăна пур манăн, вăй çук вара. Çапла çав вăл тапхăрта.

Чăнах та, çакăн хыççăн, халĕ, паян, шутласа пăхатăп та — Петр Николаевич çĕнĕ пьесăсем çырмарĕ те пулас. Çапла. Э, çук, Чăваш театрĕ епле çурални пирки тата çав вăхăтри хĕрÿллĕ кунсем çинчен «Ĕмĕтленнĕ ĕмĕт» пьеса çутă кун курчĕ, анчах çав пьеса сцена çине темĕншĕн тухаймарĕ. Çын чунне, ĕçлекен çын чунне хуçассăн çапларах та пулса тухма пултарать çав. Эпир çынлăх, çынпа çынла пулассн çинчен сахал шухăшлаттăр хăшпĕр чух.

Кайрантарах А. Асламас композитор валли опера либреттисем çырса пачĕ.

Ĕçлемесĕр, çырмасăр алла усса ларман ĕнтĕ Петр Оси-...

«Элкей таврашĕ» произведенийĕ пирки асăнтăм ĕнтĕ. Ăна çырма çирĕп шут тытнăччĕ писатель. Анчах çырас умĕнхи асапĕ пысăкчĕ унăн. Эпир Кăкшăмра канаттамарччĕ. Уçăлса çÿренĕ чух вăл мана:

— Пĕлетĕн-и, пĕр калăплă произведени çырма тытăнтăм, анчах çирĕм тăвата страница çыртăм та — малалла каймасть. Хăм ятран, пĕрремĕш сăпатран çырса пыма питĕ йывăр иккен, — темĕнле асапланса каласа хучĕ Петр Николаевич.

— Петр Николаевич, эсир виççĕмĕш сăпатран çырса пăхăр-ха — тесе хутăм кĕскен.

П. Н. Осипов шарламарĕ. Шухăша путрĕ. Кайран, çак калăплă произведении пĕрремĕш кĕнеки тухсан, Максим Горький ячĕпе хисепленекен библиотекăра вулакансемпе тĕлпулу ирттернĕ чух, Петр Николаевич эпĕ пана канаш пирки хавасланса каласа пачĕ. П. Осипова, тен, манăн канашăм мар, ăна ĕçленĕ чух ырă сунни пулăшнă-тăр? Тепĕр чухне çынна ăша сăмах çунат хушать.

Ĕçлетчĕ, вăй хуратчĕ-ха Петр Николаевич. Унăн мăшăрĕ вăхăтсăр çĕре кĕчĕ. Çакăн хыççăн йăшма пуçларĕ пирĕн писателĕмĕр. Юлашки хут ăна 1984 çулхи кĕркунне (ун чухне СССР Писательсен союзне йĕркеленĕренпе 50 çул тултарнă май чаплă лару ирттерчĕç) тĕл пулнă, калаçнă. Çав ларура Петр Николаевича Осипова Чăваш АССР халăх писателĕ ятне пани çинчен пĕлтерсе, унăн кăкăрĕ çине ятуллă знак çакса ячĕç. П. Н. Осипов вара:

— Халĕ мĕн тăвас-ха ĕнтĕ кунпа ман? — тесе ыйту пачĕ. Кун пек ыйту парсан, чылайăшĕ аптăраса ÿкрĕ пулас, тĕлĕнчĕ те пулмалла. Ара, хисеплĕ ятпа «мĕн тăваççĕ?» пулать-ха? Шутласа кайсан, вăл чăннипе каларĕ-тĕр? Хисеплĕ ят ĕçлекен çынна кунçул пĕтсе килнĕ чух мар, вăйпитти чухне кирлĕ-тĕр? Вăхăтра шутлама, вăхăтра тавçăрма туйăм-сисĕм çитмест-тĕр çав пире. Хисеплĕ ят парасси те пирĕн ăнăçлах пулса пымасть хăшпĕр чух.

Петр Николаевичăн «Айтар», «Кушар» пьесисем сцена çинчен каймаççĕ. Вĕсем ĕнтĕ классикăллă произведенисем пулса тăчĕç. «Икĕ качча пĕр шухăш» комедине таçта та, кашни драма кружокĕ тенĕ пекех лартать. «Кулленхи симфони» драмине те асран кăла-...

# УÇĂМЛĂ ХУРАВ ПАМАН

## К. В. Иванов çуралнăранпа 100 çул çитнĕ май

В. Ф. Исаев журналист «Коммунизм ялавĕ» хаçатра январĕн 7-мĕшĕнче пичетлесе кăларнă «Хăшĕ тĕрĕс?» статьяра пирĕн чаплă поэтăн Константин Васильевич Ивановăн çуралнă кунне тĕрĕсрех пĕлсе палăртма кирли çинчен çырать. Анчах поэт çуралнă кун çинчен тĕрлĕрен кăтартнисенчен хăшĕ тĕрĕс пулни пирки автор уçăмлă хурав параймарĕ.

Иванов ашшĕн Василий Николаевич Ивановăн асаилĕвĕнче Константин 1890 çулта кивĕ стильпе майăн 13-мĕш кунĕнче çуралнă тенĕ. Темиçе кунтан, ашшĕ хирте суха тунă чухне. ăна унăн пĕчĕк ывăлĕ чирлесе ÿкни çинчен пĕлтернĕ. Василий Николаевич киле таврăнать те, ачи ят хумасăрах вилесрен хăраса, Матви тарçăпа ашшĕн йăмăкне Макарьевка салинчи чиркĕве ывăлне ят хума лашапа кăларса ярать.

Метрика кĕнекинче вара Евдокия Васильевнăпа Василий Николаевич Ивановсен ывăлне Константин ят панă, вăл 1890 çулта кивĕ стильпе майăн 22-мĕшĕнче çуралнă, тенĕ.

Ят хунă куна е «Константин» ят кунне шута илсе-и, К. В. Иванов хăй кивĕ стильпе майăн 21-мĕшĕнче çуралнă тесе çырнă. Майăн 21-мĕшĕ — Византия çĕршывĕн Константин патшипе тепĕр Константин князь кунĕ. Майăн 22-мĕшĕ — хĕн курнă (мученик) Василис кунĕ.

Анчах чиркÿре майăн 21-мĕшĕнче анчах мар, майăн 22-мĕшĕнче те ачасене Константин ят хума пултарнă. Çапла вара, Иванова Константин ят парасси майăн 22-мĕшĕнче те пулма пултарнă.

В. Ф. Исаев хăй статйинче К. В. Иванов кивĕ стильпе майăн 21-мĕшĕнче çуралнă тесе шутласшăн. Çак датăна çĕнĕ стиле куçарас пулсан, 13 хушмалла, «вара Константин Иванов çуралнă кунĕ шăпах июнĕн 3-мĕшĕ, çимĕк кунĕ, пулать» — тесе çырать. Автор кунта йăнăш тăвать. Кивĕ стильпе XX ĕмĕрте çырнă датăсене çĕнĕ стиле куçарма 13 хушаççĕ пулсан, XIX ĕмĕрхи датăсем çумне 12, XVIII ĕмĕрте 11, XVII ĕмĕрте 10 хушмалла, мĕншĕн тесен Юлианла календарь 128 çул хушшинче пĕр талăка кая юлать. 1890 çулхи майăн 21-мĕшĕ çĕнĕ стильпе июнĕн 2-мĕшĕ пулать. Çитменнине, В. Ф. Исаев июнĕн 3-мĕшĕ çимĕк кунĕ пулнă тесе çырни те тĕрĕс мар. Çимĕк кунĕ мăнкун хыççăн 36 кунран пулать. 1890 çулта мăнкун кивĕ стильпе апрелĕн 1-мĕшĕнче пулнă, çимĕке майăн 17-мĕшĕнче, кĕçнерникун, ирттернĕ. Çимĕк кунĕнче Константин ашшĕ хирте суха туман пулĕччĕ. Вăл кун чăвашсем ваттисене сăва синче асăнаççĕ. 1890 çулта кивĕ стильпе майăн 21-мĕшĕ тунтикун, майăн 22-мĕшĕ ытларикун пулнă. Вăл кунсенче уйра ĕçлеме юранă.

Мĕнле шутламалла-ха К. В. Иванов çуралнă куна? Унăн ашшĕ асаилÿре Константин майăн 13-мĕшĕнче çуралнă тесе çырни чăн та, йăнăш та пулма пултарнă. Асаилĕве чылай çул иртнĕ хыççăн çырнă-çке. Матви тарçă та Константин майăн 15-мĕшĕнче çуралнă тесе тĕрĕс те, йăнăш та çыртарма пултарнă. Çуралнă хыççăн эрне çеç иртнĕ пирки кунта йăнăш пулас май сахалрах. Епле пулсан та, пĕтĕм тĕнчере, пирĕн çĕршывра та çуралнă куна метрика кĕнекинче çырни тĕрĕс тесе йышăнаççĕ. Ят хунă куна çуралнă кун тесе ниçта та, нихăçан та шутламан, шутламаççĕ те. Çавăнпа та Константин Васильевич Иванова ним иккĕленмесĕрех 1890 çулта кивĕ стильпе майăн 15-мĕшĕнче, çĕнĕ стильпе майăн 27-мĕшĕнче çуралнă тесе шутламалла.

В. ДИМИТРИЕВ,
истори наукисен докторĕ.

### КĔНЕКЕ ÇŸЛĔКĔ

#### Пурнăç чăнлăхĕ

Чăваш кĕнеке издательстви Владимир Харитоновăн «Атальсем — телей çыннисем» сăвăсен пуххине пичетлесе кăларнă. Унта поэтăн юлашки çулсенче çырнă произведенийĕсем кĕнĕ. Автор вĕсене «Çĕршывăмăр, чечекри çĕршывăм», «Çула тухсан», «Илтетĕп тусăм юррине» ярăмсене пĕрлештернĕ. Сăвăсенче поэт паянхи çĕнетÿпе çĕкленÿллĕн тапса тăракан пурнăçăмăра мухтать. Çепĕç туйăм юрату лирикинче уççăн палăрать.

#### Ентешсене манмасăр

Василий Эктелĕн «Çĕре тăнлатăп» сăвăсемпе поэмăсен пуххи пичетленнĕ. «Кунçул сукмакĕсем» ярăмри сăвăсенче — тăван халăхпа творчество çыннисен кунçулĕ, тăван тавралăх.

«Кăçхи калаçу» публицистикăлла поэмăна Елчĕк районĕнчи Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ «Слава» колхоз ĕçченĕсене халалланă. «Пирĕн паттăрлăх — ...

## Чун çункавĕсем

Валем АХУН

Ăçта каян, чĕкеç,
Сумăр витĕр,
Ик çунатту тăрăх
Шыв юхтарса?..
Халăх юрринчен.

* * *

...Каллех каять ак пуйăс.
Теплушкăсем тулли.
Шăпланчĕ хурлă купăс,
Сÿнет çынсен кулли.

Ăçта, чăваш, каятăн, —
Килне-çуртна хупса!

Телей иккен шыратăн,
Çипир енче хухса...

Чăваш капла та йышсăр,
Куллен чакать тахи.
Лере эс пулăн шкулсăр,
Янрамĕ чун пахи.

Ачу-пăчушăн кирлĕ
Тăван чĕлхе шкулта.
Çакна пĕлесчĕ вирлĕ:
Пулать-и вăл унта!

Инçе çĕрте — пăçмахăр,
Вилет кунти вучах.
Ерчевлĕ вут çунмасăр —
Çĕтет тăван сăмах.

Пĕлеп, ентешĕм, йывăр
Кайма, Эхе, тĕнче!..
Мĕн ма паян эс тăвăр,
Шутлан кашни пĕрче!..

...Ăçта каян, чăвашăм,
Куçна шăла-шăла!
Ăçта каян, тăванăм,
Йĕрсе юрла-юрла!
1954, Канаш — Кипеккасси

* * *

Пуш-пушă ял... Кил-çурчĕ тăлăх.
Пĕр çын иртмерĕ урампа.
Чупать çум пуснă уй-хир тăрăх
Шалканă, утсăр урапа.
Арман ларать халь-халь тÿнессĕн,
Çăлне хупланă вĕлтĕрен.
Чиркÿ пăхать хуçи килессĕн,
Калле асаплăн, инçетрен.
Чуна çурса эп кăшкăратăп:
Ăçта эсир, ăçта çынсем!!.
Утап, утап — каллех тăнлатăп —
Йĕреççĕ çилĕн ачисем.

Мур хирнĕ пек хăрса ял вилнĕ,
Çынни саланнă тĕнчене.
Ытла хура шăпа-çке тивнĕ
Вышкайсăр мĕскĕн хресчене...
Йĕрет халь сумсăр уйĕ-хирĕ,
Вăрманĕ, улăхĕ, çырми.
Хăçан кунта хуçи ун çÿрĕ,
Хаваслăн ĕçлĕ вăл ырми!..
...Çум пуснă хир. Смоленск таврашĕ.
Чыслап салтакăн тăприне.
Чалт куçпă улăх ачăптăшĕ
Тĕрленĕ унăн çеремне.

[illegible] кине — малтан пуласа тухма тивнĕччĕ. Аçырăвăн малтанхи страници çине «сага» тесе çырнăччĕ. Апла П. Н. Осипов пысăк произведени çырма ĕмĕтленнĕ. Эпир «Сага о Форсайтах» текен калăплă кĕнекене вулана-çке. Акă епле пысăк ĕмĕт тытнă пирĕн драматург-писатель! Тытмасăр — пурнăç опычĕ пысăк пулнă Петр Николаевичăн. Вăл, 1900 çул пуçламăшĕнче çуралнăскер, çирĕммĕш ĕмĕрĕн юлашки çĕр-[illegible] нине хăй куçĕпе курнă, чунĕ-чĕрипе туйнă. Пурне те хăй аллипе хайланă, ăс-пуçĕпе хĕрнĕ, малалла пăхнă.

Драматургпа мана 1945 çулта куçа-куçăн курнăçма, çавăр уçса калаçма тӳрĕ килчĕ. Кĕрнеклĕ те çирĕп пӳ-силлĕ çын. Сăнĕ çутă та ырă. Калаçăвĕ лăпкă, кулли чуна уçса ярать. Вăл вăхăтра эпĕ Чăваш государство академи театрĕ çумĕнчи актерсем хатĕрлекен студире вĕренеттĕм. Петр Николаевич хăй çырнă «Тăван çĕршывра» пьесине артистсене вуласа парать.

Эпĕ те, çырас ĕмĕтпе пурăнаканскер, пьеса вуланă çĕре хĕсĕнсе кĕтĕм. Пьесăна артистсем хапăлласа йышăнчĕç, вара, кăштах вăхăт иртсен, ăна сцена çине кăларас пирки тăрăшса ĕçлеме тапратрĕç. Кунта çакна та каласа хăварас килет: паян кун та тимисĕр янăра-

[illegible] хăтра А. А. Жданов «Звезда», «Ленинград» журналсем пирки доклад туса панăччĕ, кайран ВКП(б) Центральнăй Комитечĕ çав журналсем пирки постановлени те йышăннăччĕ (Тавах, нумаях пулмасть çак постановленине пăрахăçа кăларчĕç). Паллах, пирĕн те, чăваш çыравçисем хушшинче те А. А. Жданов докладне сӳтсе явнă май, кăлтăклă произведенисем шырама тытăнаççĕ. Тупаççĕ вара П. Н. Осиповăн «Тăван çĕршывра» пьесине. Вăл идея тĕлĕшпе хавшак иккен, çавна май сăтăрлă произведени пулса тăрать, — акă епле каласа хураççĕ. Ку сăмах театр коллективне те пырса тивет — пьесăна лартма пăрахаççĕ.

Çакăн хыççăн Петр Николаевича тĕл пулнăччĕ эпĕ. Çутă сăнĕ тĕксĕмленнĕччĕ драматургăн. Хам çамрăк пулин те, драматургпа хăйса сăмах хушрăм. Вăл ман çине хăюсăрран, хăй пысăк айăпа кĕнĕн пăхрĕ, вара чылайран:

— Пьесăна эпĕ чунпа çырнăччĕ, — терĕ, — çĕршыва, тăван халăха нихăçан та сăтăр тăвас шут тытман эпĕ. Пьесăра ырри мĕн чухлĕ... темме асăрхамаççĕ. Шел, — калаçрĕ Петр Николаевич пăшăрханса. — Малалла темле çырмалла ĕнтĕ... Пĕлместĕп. — Куçĕсем шывланнă пек туйăнчĕç мана. Çакăн пек çирĕп çын

«Ĕмĕтленнĕ ĕмĕт» пьеса çутă кун курчĕ, анчах çав пьеса сцена çине темĕншĕн тухаймарĕ. Çын чунне, ĕçлекен çын чунне хуçассăн çаплах та пулса тухма пултарать çав. Эпир çынлăх, çынна çынла пуласси çинчен сахал шухăшлатпăр хăшпĕр чух.

Кайрантарах А. Асламас композитор валли опера либреттисем çырса пачĕ.

Ĕçлемесĕр, çырмасăр алла усса лармарĕ ĕнтĕ Петр Осипов. Вăл-халĕ панăччĕ — ăна çутçанталăк. Хăварах шутласа пăхăр-ха: вăл чăваш театрне пуçласа яракансенчен пĕри, артист. И. С. Максимов-Кошкинскипе пĕрле Хусанта чăваш театрне йĕркелене: унтан — сĕрмекупăсçă, композитор тесен те йăнăш пулмĕ: сĕрмекупăспа калама концерт çырнă П. Осипов (ку произведение хăй сцена çинче каласа панăччĕ, радиопа янăранине те итленĕччĕ), РСФСР тава тивĕçлĕ врачĕ (апла пулсан, миçе çынна сипленĕ вăл, миçе çынна пулăшу панă-ши? — куна шутласа кăларма та майĕ çук). Акă, пĕр çынра мĕн чухлĕ ăсталăх! Ку тăрăшусăр, вăй хумасăр пулмасть ĕнте. Чăн-чăн çын яланах малалла талпăнать, ăс пухать, вĕренет, çав хушăрах хăй тăрăшăвĕпе çынсене ăс парать, вĕрентет. Лайăх çынран яланах тĕслĕх илетпĕр-çке эпир.

питти чухне килĕ-тĕр? Вăхăтра шутлама, вăхăтра тавçăрма туйăм-сисĕм çитмест-тĕр çав пире. Хисеплĕ ят парасси те пирĕн анăçлах пулса пымасть хăшпĕр чух.

Петр Николаевичăн «Айтар», «Кушар» пьесисем сцена çинчен каймаççĕ. Вĕсем ĕнтĕ классикăллă произведенисем пулса тăчĕç. «Икĕ каччăн пĕр шухăш» комедине тăста та, кашни драма кружокĕ тенĕ пекех лартать. «Кулленхи симфони» драмине те асран кăларар мар, ку произведени — чăваш интеллигенцийĕ çинчен çырнă япаласенчен чи малтанхи тесен те юрать. Пурнăç сисĕмĕ-туйăмĕ пысăкчĕ çав Петр Николаевич Осиповăн. Вăл кунçул уттине туйса-сиссе тăратчĕ, ĕçлекен çын чунне яланах ăнланатчĕ.

Драматург, прозаик, артист çинчен каламалли, аса илмелли питĕ нумай. Унăн тус-юлташĕсем, тен, ун çинчен кĕнеке те хатĕрлесе кăларĕç? П. Осипов ăна тивĕçлĕ. Унăн ячĕ чăваш литературине ĕмĕрлĕх кĕрсе юлчĕ, унăн ячĕ ăрăран ăрăва куçĕ, нихăçан та манăçмĕ. Ыр çыннăн ячĕ халăхра, ĕçчен çын ĕçĕ ĕмĕр кĕнеки çине ылтăнпа çырăнать. Ку ĕмĕртен çапла пырать.

**Георгий ЕФИМОВ,**
**поэт, Чăваш АССР культурăн тава тивĕçлĕ работникĕ.**

### Ентешсене манмасăр

Василий Эктелĕн «Çĕре тăнлатăп» сăвăсемпе поэмăсен пуххи пичетленнĕ. «Кунçул сукмакĕсем» ярăмри сăвăсенче — тăван халăхпа творчество çыхăнăвĕн кунçулĕ, тăван тавралăх.

«Кăçхи калаçу» публицистикăлла поэмăна Елчĕк районĕнчи Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ «Слава» колхоз ĕçченĕсене халалланă. «Пирĕн паттăрлăх — юрă» поэмăн тĕп геройĕ — Афганистанра интернационалла тивĕçе чыслăн пурнăçласа пуçне хунă чăваш каччи Геннадий Калинин.

### Тăванъен çинчен

Николай Кушмановăн «Тăван ен кĕввисем» сăвăсемпе поэмăсен пуххинче вăтăр сăвă. Произведенисен тĕп тематики — çуралса ӳснĕ тăван тавралăх, унăн иртнĕ сăн-сăпачĕпе паянхи улшăнăвĕсем, хаваслă та мал ĕмĕтлĕ ачалăх кунĕсем.

«Тăван ен йыхравĕ» поэмăра автор хальхи ял пурнăçĕн ыйтăвĕсене хускатнă. «Турхан художникĕ» поэмăна çак тăрăхра çуралса ӳснĕ, çĕршывĕпе ырă ята тивĕç пулнă Алексей Кокель художник ачалăхне халалланă.

**О. АЛЕКСЕЕВ.**

Пуш-пушă ял... Кил-çурчĕ тăлăх.
Пĕр çын иртмерĕ урампа.
Чупать çум пуснă уй-хир тăрăх
Шалканă, утсăр урапа.
Арман ларать хаяь-халь тӳнессĕн,
Çăлне хупланă вĕлтĕрен.
Чиркӳ пăхать хуçи килессĕн,
Калле асаплăн, инçетрен.
Чуна çурса эп кăшкăратăп:
Ăçта эсир, ăçта çынсем!!.
Утап, утап — каллех тăнлатăп —
Йĕреççĕ çилĕн ачисем.

Мур хирнĕ пек хăрса ял вилнĕ,
Çынин саланнă тĕнчене.
Ытла хура шăпа-çке тивнĕ
Вышкайсăр мĕскĕн хресчене...
Йĕрет халь сумсăр уйĕ-хирĕ,
Вăрманĕ, улăхĕ, çырми.
Хăçан кунта хуçи ун çӳрĕ,
Хаваслăн ĕçлĕ вăл ырми!..
...Çум пуснă хир. Смоленск таврашĕ.
Чыспа салтакăн тăприне.
Чалт куçлă улăх ачăлташĕ
Тĕрпенĕ унăн çеремне.

## *Шухăшăмсем, шухăшăмсем...*

Иртме хăрап Ехрем хуçан
Кермекĕ умĕнчен.
Пин-пин асап мĕлки пăхать
Хĕреслĕ куççенчен.

. . .

Тамăкра вилмеççĕ сутăççем.
Пĕл, унтах вĕсем — патша та тарçă.
Шăл çыртсах хăйраççĕ пуртăсем,
Пуç касма унта та маçтăр тарçă.

. . .

Камах шутланă эс, çыравçă,
Палач йыттийĕ пуласса!..
Тултан — тусла, шалтан — шăршлавçă,
Çӳренĕ тиллĕн йăрккаса.

. . .

Мĕн-ма эс, пурнăç, питĕ йӳçĕ —
Эрех ĕçсессĕн çес пыл[illegible]!..
Кулать вара этемĕн куçĕ,
Тӳсет çапсассăн та Патак.

1980

# ИНÇЕТЕ ÇУТАТАТЬ

ЧĂВАШ ТЕАТРЕ Хусанта çуралнă. 1918 çулхи январĕн 27-мĕшĕнче А. Островскин «Ху пурăнас тенĕ пек ан пурăн» пьесине чăвашлатса выляса кăтартаççĕ çамрăксем. Çак кун вунсаккăр тултарнă Уçăпйăх Микула Петри иккĕмĕш хут çуралать. Хальхинче — Чăваш тĕнчине хăй тивĕçне пурнăçлама килнĕ çын пек. Спектакльте те вăл Еремка рольне ăста выляса кăтартать.

Хусан университетĕнчен вĕренсе тухнă врач-терапевт ĕмĕрлĕхех театр чирĕпе «чирлесе» ӳкет.

«Мĕнле-мĕнле манми сăнарсем выляса пачĕ Петр Николаевич! Вăл вылянă сăнарсем пĕри те пĕр-пĕрин майлă марччĕ, кашни роль валли уйрăм сăнсем тупатчĕ», — аса илет кăшт каярах И. Максимов-Кошкинский. Шиллерăн «Хаярлăхпа юрату» трагедийĕнчи Миллер сăнарне, Гоголĕн «Ревизорĕпе» «Авлану» комедийĕсенчи Осиппа Подколесин сăнарĕсене, Мольерăн «Дворянлăхри мещен» комедийĕнчи Журден, Островскин «Çуттипур та ăшши çук» пьесинчи Дерюгин, М. Акимов-Аруйăн «Вăхăтсăр вилĕм» драминчи Урттим, Ф. Павловăн «Сутра» комедийĕнчи Ухтерке сăнарĕсене чăваш сцени çине кăларать. «Хура юпа» кинокартинăра Тевлет рольне вылять.

Çакă йăлтах сцена саккунĕн вăрттăнлăхĕсене туйса илме пулăшнă. Чылай пьесăна хăех кăларнă сцена çине П. Осипов. Тĕнче, вырăс классикине киленсех куçарнă. Ку пĕтĕмпех — Осипов-драматурга хатĕрлекен шкул, ăсталăх лаççи.

П. Осипов пьесисен структурине мыскара, йăла-йĕрке, вăйă хăйне май йĕркеленсе кĕрет. «Тĕрлĕ мыскарасăсен халăпĕсене те тăрăшсах çыра-çыра илеттĕм, — тенĕ вăл. — Сăмахран, хамăр ялта пулса иртнĕ пĕр мыскара çинчен — хаклă тавар сутуçи хĕрарăмла тумланнă каччăран мăшкăл курни çинчен — «Мыскара» ятлă икĕ картинăллă кулашла пьеса çырнăччĕ».

«Икĕ каччăн пĕр шухăш» комедипе «Кушар» драма Ф. Павловăн «Ялта» витĕмĕпе çуралнă. Пĕрремĕш чăваш пьесисенчех (М. Акимовăн «Ялти пурнăçĕ», Г. Комиссаровăн «Чăваш туйĕ») чăваш тĕнчи пӳртре ӳкерĕнет. Йăла картинисем кашни пьесăнах кĕресçĕ. Чăваш психологиллĕ драми те йăла картинчен йĕркеленсе шăраннă. Осиповăн сюжет хывас мелĕсем те, сăнар тăвас йĕрки те Павловăнни майлă («Икĕ каччăн пĕр шухăш»). Савнисене салтака ярса уйăраççĕ. Акă, хамла хуçи Петĕр Ваççана йăскарла «ĕç» сĕнет: «Тимуш салтака каять... Ĕç тухмасан, эпир ял тăрах сас ярăпăр: Тимуш вăрçăра вилнĕ, тейĕпĕр». «Ĕçне тăвăп, миçе тенкĕ парăн, йӳнĕ парсан, тытăнмастăп та», Петĕр хатланчăкĕсем Çтаппанăнне аса илтереççĕ. Пăрчкан укçамула хапсăнас камăлĕ Крахвиненнипе пĕрешкел. Павлов драминче ĕç-хĕл аталанăвĕпе геройĕсене психологиллĕ ĕнентерӳллĕ кăтартас йĕр килĕшӳллĕ çыхăнаççĕ, Осипов ытларах хăй сюжет хывăмне йĕркелет: «Унăн кĕске сюжетне те эпĕ улахсенче илтнĕ сăвăсемпе çыхăнтартăм».

«Кушар» драмăра вăйă поэтики чăваш ялĕнчи пурнăç кăткăслăхне кăтартас тĕллеве пăхăннă. Кунта та — «икĕ каччăн пĕр шухăш»: пуян хуçа ывăлĕпе Эрхиппе çамрăк тӳлек ача Валькка чипер хĕре — Лисука — савăççĕ. Кушар, автор ăнлантарнă тăрăх, хĕр пасарĕ. «Кушара каччăсем хĕр пăхма пуçтаранатчĕç». Хĕр суйласси — хăйне евĕр вăйă. Ку вăйăра малтанласа Валькка юлташĕсемпе çиеле тухать — Лисука вĕсем лартса таврăнаççĕ. Анчах кунпа вăйă вĕçленмен-ха. Лисук ашшĕ — Кăвак Энтрейĕн — «вăййипе» усă курса, Эрхипсем хĕре хăйсем патне илсе каяççĕ. Хĕрĕ пыма килĕшмесен, Кăвак Энтрей вăй вылять: «Пуян каччă пире килĕшсех те каймасть пек туйăнать мана... Хамăр пек тăвансемпе ĕçни те çыпăççуллăрах пулакан... Мĕн калăн, карчăк, э? Пуян кĕрӳ тупнипех пулна тухаймăпăр...» «Ну, ну, Энтрей Иванч, эрех те ĕçес, хĕрне те тартас».

Вăйă ерипен сирĕлсе чăн пурнăç картине кĕрет. «Енчен Эрхипе кайсассăн, хам пĕтем те, анчах ăна кулма памăп», — тет Валькка. Çак меллех Осипов «Айтар» структурине те калăплать. Валькапа Эрхип хирĕçĕвĕ çивĕчленет. «Ĕçе пĕтерес тесе, Эрхип, е санăн мана вĕлерес пулать, е эп сан пуçна çапса салатăп!» Валькка «тĕнче суя ĕçпе нумай пурнас çук» иккенне ăнланса илнĕ, вăл хăйшĕн те, савнишĕн те кĕрешĕве тухма хатĕр.

«Кушара» П. Осипов 1925 çулта çырса пĕтерет. Н. Леонтьев тĕпчевçĕ шучĕпе, «1957 çулта вара çак драмăн юлашки, пĕтĕмĕшле варианчĕ пичетленсе тухать». Апла, драматург тӳрлетсе çĕнĕрен çырнисем мĕн тери-ши? Ку ыйтăва автор «Кушар» тата «Айтар» драмăсене «çĕнетсе» çырнине пăхсан, хуравлама хĕн мар. «Кушарăн» малтанхи вариантĕн вĕçĕ çапла: Валькăран çырусем те, хыпар та çук, Лисук ăна шырама каясшăн. Выртмара пĕринче Эрхип Лисука пăвса пăрахать. Хальхи сборниксенче пьеса Валькка çар сехметне пурнăçласа революционер пулса килнипе вĕçленет: «Революци сывлăшĕ саралнаçемĕн саралать. Кашни салтак хăйпе пĕрле ялсене, хуласене çĕнĕ вăй илсе килет. Унăн вăйĕ — пролетарилле революцин хĕлхемĕ!» «Айтарта» драматург пĕтĕм пьесăшăн пĕлтерĕшлĕ картинăна — Айтарпа вырăс салтакĕсен хирĕçĕвне — кăларса пăрахса, «телейлĕ вĕç» хушнă. Пьесăсене çĕнетсе улăштарнин сăлтавĕсене эпир «класс кĕрешĕвне вăйлатса кăтартмалла» текен теори пуçпулса тăнипе, социализмла реализмăн принципĕсем литературăна пурнăç çине хăй рамкисем витĕр пăхтарма тăрăшнипе куратпăр.

Йăла-йĕрке элеменчĕсене драма структурине кĕртни чылай тĕпчевçĕ вăл вăхăтри произведенисен социалла янравлăхне чакарать тесçĕ. 20-мĕш çулсенче халăх йăла-йĕркине аркатасси вăй илсе çеç пынăха. Пĕр енчен, драмăпа театр искусстви пурнăçа кăтартса парас тĕллевлĕ. Çавăнпа йăла элеменчĕсем драмăна кĕмесĕр юлаймаççĕ. Тепĕр енчен, пурнăç философине чылай çыравçă шăпах йăла-йĕрке шухăшлавĕ урлă кăтартасшăн тăрăшнă. Ман шутпа, шăпах йăла-йĕркене аркатни хăех социаллă хирĕçӳсем патне илсе тухнă. Çавăнпах йăла-йĕрке элеменчĕсемпе усă курман пьесăсенче класс кĕрешĕвне çеç кăтартасшăн пулни тĕп вырăнта тăрать. Çак йышши пьесăсене илемлĕх вырăнне схема картăлаççĕ драматургсем: çак-çак геройсем халăх телейĕшĕн кĕрешеççĕ, çаксем вара — халăх тăшманĕсем. Никам енче тăшманнисем те пур. Кусем юлашкинчен кĕрешӳçĕсен енне куçаççĕ. Ку пьесăсен тĕп палли — сюжета меллĕ аталантарни, геройсене психологи тĕлĕшĕнчен кăтартасси çук кунта. Çак йĕртен П. Осипов та пăрăнайман.

Акă, «Кăкламан тымарсем» пьесăнах илер. Коммунистсен хастарлăхне, кулак майлисен айванлăхне — Офицеров, Арланов, «влаçа та хирĕç мар», пуянтараххисемпе те тату пурăнасшăн ăнтăлакан Пушăт Васлейне психологизм тĕлĕшĕнчен ĕнентерӳллĕ кăтартаймани саманан чăн хирĕçĕвне ӳкерме чăрмантарнă. «Хĕрлĕ хунав» драмăри палхавçăсем те улăпла-юмахла курăнаççĕ.

И. Д. Кузнецовăн «Грахом юрри» с «Прогнозис Пессима» евĕрлĕ статьясем хăй ĕçне тунă-тунах. «Тĕрĕс» çул çинчен пăрăнма паман вĕсем литераторсене.

Нумай-нумай пьеса хывĕ П. Осипов. Петĕр Хусанкай калашле, «пирĕн драматургире Осипов шкулĕ пулса çитрĕ». Вăл шкулта нумай-нумай драматург, актер хăйсен ăсталăхне туптанă, халĕ те туптать.

Чăваш интеллигенцийĕн çĕнĕ пурнăç тăвас ĕçри тертлĕ, кăткăс çулне-йĕрне П. Осипов Элькеевсем çинчен хывнă трилогире çырса кăтартрĕ. Ăна чăваш литературинче сага жанрне пуçарса-пуçласа яракан произведени теме те юрать пулĕ.

П. Хусанкай Петр Николаевич Осипова «çĕнĕ чăваш культури çулĕ çинчи чи çутă «сайра маяксенчен» пĕри» тенĕччĕ. Маяк инçете çутатать. Ун çути паян кун та нумай-нумай чуна ăшăтать, чăваш тĕнчине ăнланма хистет.

**К. КИРИЛЛОВ.**

## *Пĕрлештернĕ хор репертуарĕнчен*

Кăçалхи июньте эпир хамăран Чăваш автономиллĕ облаçне туса хунаранпа 70 çул çитнине уявлатпăр. Республика юбилейне халалласа Шупашкарта пысăк уяв — Акатуй ирттерме палартнă. Ĕçпе юрă уявĕсем те юбилей ячĕпе пулса иртеççĕ. Вĕсен репертуарне палартнă та ĕнтĕ. Пĕрлештернĕ хорпа юрлама çак юрăсене сĕннĕ: Ф. Лукинпа А. Алга çырнă «Мирлĕ пурнăçшăн», Г. Лебедевпа И. Тукташăн «Тăван çĕршыв», Г. Хирбю А. Малов сăввипе çырнă «Çĕршыв илемĕ», Г. Маркияновпа Г. Мальцевăн «Чыс юрри» тата Н. Карлин Ю. Петров сăввипе çырнă «Савăнăç юрри».

Репертуарта халăх юррисем те паллă вырăн йышанаççĕ. Кунта «Пирĕн урам анаталла», «Ухрăм кайрăм» («Юри кайрăм вăрмана»), «Шупашкар туйи», «Ай авăн, шĕшкĕ» юрăсен кашăлĕпе «Вниз по матушке по Волге» вырăс халăх юррине кĕртнĕ. Кунсăр пуçне, пирĕн халăхăмăрăн хор традицийĕн пысăк пĕлтерĕшне шута илсе, арçынсемпе хĕрарăмсен пĕрлештернĕ хорĕсене те уйрăммăн кăтартма палартнă. Арçынсен хорĕ валли А. Михайлов И. Ивник сăввипе кĕвĕленĕ «Чапай», А. Токаревпа Н. Евстафьев çырнă «Аслă çарамăр» юрăсене, хĕрарăмсен хорĕ валли вара Г. Воробьев илемлетнĕ «Атăл хăви шур хăва» чăваш халăх юррипе Т. Фандеевăн «Виçĕ туй» комедийĕнчи «Колхозниксен ĕç юррине» кĕртнĕ.

Паян эпир акатуйра пĕрлештернĕ хорпа юрлама палăртнă «Çĕршыв илемĕ» юррăн нотипе сăввине пичетлетпĕр.

Сăвви А. Маловăн

Кĕвви Г. Хирбюн

## Çĕршыв илемĕ

1. Кăвак чĕнтĕр карнă тӳпене çу касĕ,
Тулли уйăх сапнă кĕмĕл çутине.
Чĕвĕлти чĕкеç пек, пикесем тухаççĕ
Ытарма çук ырă Атăл хĕррине.

2. Чӳхенет илемлĕн хумханса мăн Атăл,
Этеме вăл шанчăк, юрату сĕнет.
Савнăçпа çиçсен эс, тунсăха манатăн,
Ырă ĕмĕт-туйăм кăмăла çĕклет.

3. Юмахри тĕнче пек çуталать тавралăх,
Çĕнелсе çĕкленчĕ вата Шупашкар.
Куç тулли ларать вăл — ĕмĕр савăнмалăх,
Çыннисем ĕçчен те кăмăллă, хастар.

4. Эх, мĕнле-ха, тусăм, чунтанах киленмĕн
Ирĕклĕ этемĕн чаплă ĕçĕпе.
Савнă çĕрĕн-шывĕн иксĕлми илемĕ
Çĕкленет çĕн пурнăç панă тивлетпе.

5. Симĕс чĕнтĕр карнă тӳпене иркӳпĕм.
Шăрçаланчĕ сывлăм — ӳкрĕ çĕр çине.
Ман çĕршывăн çиллĕн ăшшăн, илĕртӳллĕн
Сар хĕвелĕ сапрĕ ылтăн шевлине.

